*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 13 (20146) • Ытларикун, 1990 çулхи январĕн 16-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус





Фоторепортаж

## ТĂВАТĂПИНЛИСЕН КЛУБĔ

Мĕн пытармалли пур, юлашки вăхăтра халăх хуçалăхне малалла аталантарас ĕçре социализмла ăмăрту пĕлтерĕшĕ чакма пуçларĕ. Хамăрăн çитменлĕхсемпе калтăксем çинчен ытларах калаçма тăрăшса, малта пыракансем, вĕсен пахă опычĕ пирки манса каятпăр. Çакăн çинчен пумаях пулмасть пулса иртнĕ агропромышленность комплексĕнче ĕçлекенсен профсоюз организацийĕн облаçри конференцийĕнче Патăръел районĕнчи «Гвардеец» колхозри тата Çĕрпӳ районĕнчи «Хмелеводческое» опытлă хуçалăхри ферма заведующийĕсем А. Салминăпа А. Малкова пăшăрханса калаçрĕ. Антонина Васильевнăпа Анфиса Яковлевна ферма заведующийĕсем çеç мар — вĕсем хăйсен районĕсенче йĕркеленĕ çулталăкне кашни ĕнерен 3 пин килограмран кая мар сĕт суса илекен дояркăсен клубĕсен президенчĕсем те. Конференцире икĕ президентăн ырă шухăш çуралнă — мĕншĕн Патăръелĕнчи тата Çĕрпӳри клуб членĕсен пĕрпĕрипе тĕл пулас мар? Çакă малта пыракансене хавхалантарĕ те, пĕр-пĕрин опычĕпе паллашма та пулăшĕ. Калаçнă — йышăннă.

Иртнĕ эрнекун Патăръел районĕнчи малта пыракан 50 ытла доярка, урăхла каласан, 1989 çулта кашни ĕнерен 3500—5000 килограмран кая мар сĕт суса илнĕ вылькăх-чĕрлĕх пăхакансен ушкăнĕ — Çĕрпӳ районне çул тытнă.

Чăваш ялхуçалăх сăнав станцийĕн Культура çуртĕнче патăръелсене çĕрпӳсем çĕнĕ çул елки умĕнче çакăр-тăварпа кĕтсе илчĕç. Малтисен тĕлпулăвне КПСС Çĕрпӳ райкомĕн секретарĕ Г. Г. Дмитриева уçрĕ.

Ялхуçалăх сăнав станцийĕн директорĕ А. П. Фадеев пухăннисене хуçалăх пурнăçĕпе паллаштарчĕ. Унтан Çĕрпӳри «Надежда» агропромышленность пĕрлешĕвĕн главнăй зоотехникĕ С. Т. Знаменский тата Патăръел районĕн главнăй зоотехникĕ Р. А. Ишмуратов хăйсен районĕсенчи вылькăх-чĕрлĕх пăхакансен ĕçĕ-хĕлĕ çинчен каласа пачĕç.

Усемсем, чăнах та, çук мар. Акă, Çĕрпӳ районĕнче виçĕ çул каялла çулталăкне кашни ĕнерен 3 пин килограмм сĕт суса илнисем 17 çын кăна пулнă. Пĕлтĕр 13 доярка 4 пин урлă каснă. Ялхуçалăх сăнав станцийĕнчи Н. Захаровăпа Н. Васильев 4798 килограма çитернĕ. Патăръелсен пĕлтĕр виçĕ доярка — Ленин ячĕпе хисепленĕкен колхозри Т. Алексеева, «Гвардеец» колхозри М. Шакмаевăпа Г. Жукова кашни ĕнерен пилĕк пин килограмм сĕт суса илнĕ. 1989 çулта кашни ĕнерен 3 пин килограмм сĕт суса илнисен йышĕ, висĕмçулхипе танлаштарсан, 57 доярка чухлĕ ӳснĕ.

Икĕ районти вылькăх-чĕрлĕх пăхакансем те çулталăкне кашни ĕнерен 3000 килограмм сĕт суса илме задачăлартнă. Çавăнпа та пĕр-пĕрин опычĕпе туллинрех паллашасшăн. Çакăн пирки пычĕ калаçу тĕлпулура. Пухăннисем темиçе ушкăна пайланса ялхуçалăх сăнав станцийĕнчи тата «Хмелеводческое» опытлă хуçалăхри сĕт-çу фермисене çитсе курчĕç. Вĕсенче вылькăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе мĕнле йĕркеленине, [illegible]

«Хмелеводческое» опытлă хуçалăхри, совхоз-техникумри сĕт-çу фермисене 4 пинлисен клубĕн членне илчĕç. Унтан малта пыракансем хăйсен опычĕпе паллаштарма тытăнчĕç. Çакă питех те интереслĕ пулчĕ. Вылькăх-чĕрлĕх пăхакансем пултарулла ĕçлеме çеç мар, юрă-сăвă юрлама-калама та ăста. Акă, Патăръел районĕнчи «Герой» колхозри А. Краснов доярa хăйĕн ĕçри опычĕпе паллаштарнă хыççăн ыйтусем нумай пачĕç.

— Эсир юрă ăсти теççĕ. Тĕрĕс-и? — пулчĕ пĕр ыйту.

— Ара, ĕçĕ ăнса пырсан, ма юрлас мар, — ответлерĕ Алексей Федорович, унтан юрă шăрантарса [illegible]

Çапла вара, çине-çинех юрă-сăвă янăрарĕ. Артистсем мар, ферма ĕçченĕсем хăйсем концерт кăтартрĕç. Çĕрпӳсем хыççăн патăръелсем, патăръелсем хыççăн çĕрпӳсем. Фермăра ĕçлекенсем хăйсем çырнă сăввисемпе те тĕлĕнтерчĕç.

— Патăръелĕнче тепре тĕл пуличчен! — Çакăн пек каласа сывпуллашрĕç пĕрпĕрипе çывăхланнă малта пыракан дояркăсем.

**К. ПОРТНОВ.**

**Ӳкерчĕксем çинче: «Хмелеводческое» опытлă хуçалăхри Н. Калашникова дояркăпа А. Малкова ферма заведующийĕ; совхоз-техни-** [illegible]



*Суйлав умĕн*

## КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**141-мĕш Канаш наци-территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта РСФСР халăх депутатне суйлама çак кандидатсене регистрациленĕ:**

Николай Архипович **Зайцев**, 1942 çулта çуралнă, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн председателĕ, КПСС членĕ, Канашра пурăнать;

Наиля Мирзяновна **Ямальтдинова**, 1965 çулта çуралнă, Комсомольски районĕнчи «Алга» колхозри ача садĕн заведующийĕ, ВЛКСМ членĕ, çак районти Урмаел ялĕнче пурăнать.

**Округри суйлав комиссийĕ.**

## ÇĔНЕТӲ ПАЛЛИ ÇУК

Иртнĕ çулсенче депутатсене мĕнле «суйланине» халĕ пурте пĕлетпĕр. Час-часах ячĕшĕн çеç тăратнă кандидатсем пулнă вĕсем. Хальхи суйлав кампанийĕ ытти çĕрте мĕнле иртни пирки эпир хаçатсем урлă пĕлсе тăратпăр, ырă улшăнусем пуррине куратпăр. Анчах пур çĕрте те мар. Акă, пирĕн Мăн Явăш ял Совечĕн депутачĕсене суйлама кандидатсене ĕлĕкхи пекех тăратрĕç. Иртнĕ суйлавра, акă, пекарня патне пухăннă халăхпа пуху ирттерчĕç. Унта ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ М. Федорова пычĕ, çынсене çакăр сутма чарсах пуху ирттерме сĕнчĕ. Президиум та суйламарĕç, камсене депутата суйлама кандидат тăратасси синчен малтанах список туса хатĕрленĕ. Çаплипех решени йышăнчĕç. Протокол та çырса пымарĕç.

Халĕ, общество пурнăçĕнче çĕнетӳ вăй илнĕ тапхăрта, суйлав кампанийĕ кăшт та пулин урăхларах иртет пулĕ тенĕччĕ эпир. Анчах кăлăхах. Мăн Явăш ялĕнче халĕ те пуху виçĕ çул каялли пекех иртрĕ, сăкăр сутнă çĕрте пулчĕ. Кивĕ йăла-йĕркепех, президиум су..ламасăрах, усă пĕлет айĕнче кандидатсем тăратрĕç. Ял Советĕнче ĕçлекен ответлă работниксене халăх депутатне суйлама кăсал та альтернативлă кандидатсемсĕрех депутата суйлама тăратрĕç. Çук, хуть те хăш енчен урлă-пирлĕ виçсен те, çĕнетӳ тени пирĕн пата çитнине туйма çук-ха.

**Н. ПАХОМОВ,**
**пенсионер.**

Етĕрне районĕ.

## ПУÇАРУЛЛĂ ПУЛМА МĔН ЧĂРМАНТАРАТЬ?

### КПСС обкомĕнче ирттернĕ тĕлпулуран

Комсомол авторитечĕ чакса пырать. Апла-тăк, ВЛКСМ комитечĕсен ĕçне мĕнле майпа интереслĕрех, витĕмлĕрех, туллинрех йĕркелемелле? Комсомолăн область организацийĕн ĕçне çĕнетсе пыма мĕн чăрмантарать? Комсомол организацийĕсен ĕçĕнче мĕне тĕп вырăна хумалла? Парти комитечĕсемпе комсомол комитечĕсем [illegible] пулмалла? Комсомол суйлав кампанине мĕнле хутшăнать? Республикăра тухса тăракан хаçат-журнал çамрăксен пурнăçне, ĕçне-хĕлне, вĕрескĕвне, кĕрешĕвне мĕнле çутатать? Çак ыйтусене тĕпсĕтсе явăрĕç иртнĕ шăматкун КПСС обкомĕнче ирттернĕ калаçура.

КПСС обкомĕн бюро членĕсем, бюро членĕн кандидачĕсем, ВЛКСМ обкомĕн, хула комитечĕсемпе райкомĕсен, райком правине илнĕ ВЛКСМ комитечĕсен секретарĕсемпе, çамрăксен хаçачĕсемпе журналĕн, телерадиопередачăсен редакторĕсем [illegible]

цийĕсен ĕçĕле кирлĕ пек интересленмеççĕ, вĕсене вăхăтра пулăшу памаççĕ. Комсомол кадрĕсемпе ĕçлес енĕпе пысăк çитменлĕхсем пур. Хватттерсемпе тивĕçтермен пирки кадрсем час-часах улшанса тăраççĕ.

В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен пĕрлешӳри ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Леонид Александров, ВЛКСМ обко[illegible] вĕсене вырăнçтарса тухас тата воспитани парас ĕçе çителĕкле туса пымаччине палартрĕ. Çамрăксене патриотла воспитани парас ĕçе республикăри ДОСААФ комитечĕ кирлĕ пек хутшăнмасть. И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университетĕнчи ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Юрий Шилов çемьеллĕ студентсем валли уйрăм общежитисем тăвас ĕçре пулăшу ыйтрĕ. ВЛКСМ обкомĕн членĕ Валерий Шуйков партипе комсомол, комсомолпа государство хушшинчи çыхăнусем çинче чарăнса тăчĕ. «Пионер сассиĕ» хаçат ре[illegible]

семпе хĕрсен социаллă пурнăç ыйтăвĕсене лайăхлатас енĕпе мĕнле ĕçлеççĕ? Халлĕхе çителĕксĕр. Облпрофсовет председателĕ В. Петин ВЛКСМ Улатăр хула комитетне çамрăксен культура канăвне çителĕксĕр йĕркеленĕшĕн критиклерĕ. Хулара чаплă Культура çурчĕ уçнă. Анчах унта культура мероприятийĕсем ирттермеççĕ[illegible] В. Петин çул çитмен ачасемпе ĕçлессине лайăхлатмалли хăйĕн сĕнӳсем пачĕ. Юлашки вăхăтра çамрăксем хушшинче ĕç дисциплини чылай хавшанă. Апла пулсан, комсомол комитечĕсен ку ыйтупа ытларах ĕçлемелле. КПСС обкомĕн секретарĕ В. Шурчанов кадрсемпе ĕçлес ыйтăва тĕп вырăна хурса тăратрĕ. Парти обкомĕн секретарĕ М. Якимов палăртнă тăрăх, комсомол комитечĕсем организацисен шалти ĕçĕнчи паха опыта пĕтĕмлетсе сармаççĕ.

Тĕлпулури калаçăва пĕтĕмлетсе, парти обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Петров çапла каларĕ:

— Пĕтĕн икĕ енĕшĕн те [illegible]

...терешĕ чакма пуçларĕ. Хамăр çитменлĕхсемпе калтăкрăн çитменлĕхсемпе калтăксем çинчен ытларах калаçма тăрăшса, малта пыракансем, вĕсен паха опычĕ пирки манса калтăр. Çакăн çинчен сăх калтăр. Çакăн çинчен нумаях пулмасть пулса иртнĕ агропромышленноçть комплексĕнче ĕçлекенсен профсоюз организацийĕн облаçри конференцийĕнче Патăръел районĕнчи «Гвардеец» колхозри тата Çĕрпÿ районĕнчи «Хмелеводческое» опытлă хуçалăхри ферма заведующийĕсем А. Салминапа А. Малкова пăшăрханса калаçнă. Авгонина Васильевнăпа Анфиса ...

сĕт суса илекен доркăсен клубĕсен президенчĕсем те. Конференцире икĕ президентăн ырă шухăш çуралнă — мĕншĕн Патăрьелĕнчи тата Çĕрпÿри клуб членĕсен пĕр-пĕринпе тĕл пулас мар? Çакă малта пыракансене хавхалантарĕ те, пĕр-пĕрин опычĕпе паллашма та пулăшĕ. Калаçнă — йышăннă.

Иртнĕ эрнекун Патăръел районĕнчи малта пыракан 50 ытла дояркă, урăхла каласан, 1989 çулта кашни ĕнерен 3500—5000 килограмран кая мар сĕт суса илнĕ выльăх...

## Фоторепортаж

тăварла кĕтсе илчĕç. Малтисен тĕлпулăвне КПСС Çĕрпÿ райкомĕн секретарĕ Г. Г. Дмитриева уçрĕ.

Ялхуçалăх сăнав станцийĕн директорĕ А. П. Фадеев пухăннисене хуçалăх пурнăçĕпе паллаштарчĕ. Унтан Çĕрпÿри «Надежда» агропромышленность пĕрлешĕвĕн ...

пачĕç.

Усĕмсем, чăвах та, çук мар. Ака, Çĕрпÿ районĕнче виçĕ çул каллă çулталăкне кашни ĕнерен 3 пин килограмм сĕт суса илнисем 17 çын кăна пулнă. Пĕлтĕр 13 дояркка 4 пин урлă каснă. Ялхуçалăх сăнав станцийĕнчи Н. Захаровăпа Н. Васильев 4798 килограма çитерчĕ. Патăрьелсен пĕлтĕр виçĕ доярки — Ленин ячĕпе хисепленекен колхозри Т. Алексеева, «Гвардеец» колхозри М. Шакмаевăпа Г. Жукова кашни ĕнерен улттăлĕк пин килограмм сĕт суса илнĕ. 1989 çулта кашни ĕнерен 3 пин килограмм сĕт суса илнисен йышĕ, висĕмçулхипе танлаштарсан, 57 дояркă чухлĕ ÿснĕ.

Икĕ районти выльăх-чĕрлĕх пăхаканĕсем те çулталăкне кашни ĕнерен 3000 килограмм сĕт суса илме задача лартнă. Çавăнпа та пĕр-пĕрин опычĕпе туллинрех паллашасшăн. Çакăн пирки пычĕ калаçу тĕлпулура. Пухăннисем темиçе ушкăна пайланса ялхуçалăх сăнав станцийĕнчи тата «Хмелеводческое» опытлă хуçалăхри сĕтçу фермисене çитсе курчĕç, вĕсенче выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе мĕнле йĕркеленипе, ĕçпе канăç, йăла условийĕсемпе паллашрĕç.

Унтан икĕ районти нумай сĕт суса илекенсен клубĕсен членĕсем ялхуçалăх опытлă станцийĕн столовăйĕнче хăйнеевĕрлĕ производствăлла тата культурăллă-массăллă слета пухăнчĕç. Чи малтанах Çĕрпÿ районĕнчи темиçе коллектива — 1989 çулта кашни ĕнерен 4 пин килограмм ытла сĕт суса илнĕ ялхуçалăх опытлă станцийĕнчи, таччĕç. Çака питех те интереслĕ пулчĕ. Выльăх-чĕрлĕх пăхакансем пултарулла ĕçлеме çеç мар, юрă-сăвă юрлама-калама та ăста. Ака, Патăръел районĕнчи «Герой» колхозри А. Краснов доярa хăйĕн ĕçри опычĕпе паллаштарнă хыççăн ыйтусем нумай пачĕç.

— Эсир юрă ăсти теççĕ. Тĕрĕс-и? — пулчĕ пĕр ыйту.

— Ара, ĕçĕ анса пырсан, ма юрлас мар, — ответлерĕ Алексей Федорович, унтан юрă шарантарса ячĕ.

Çапла вара, çине-çинех юрă-сăвă янăрарĕ. Артистсем мар, ферма ĕçченĕсем хăйсем концерт кăтартрĕç. Çĕрпÿсем хыççăн патăръелсем, патăрьелсем хыççăн çĕрпÿсем. Фермăра ĕçлекенсем хăйсем çырнă сăввисемпе те тĕлĕнтерчĕç.

— Патăрьелĕнче тепре тĕл пуличчен! — Çакăн пек каласа сывпуллашрĕç пĕрпĕрипе çывăхланнă малта пыракан доркăсем.

**К. ПОРТНОВ.**



**Ÿкерчĕксем çинче: «Хмелеводческое» опытлă хуçалăхри Н. Калашникова доркăпа А. Малкова ферма заведующийĕ; совхоз-техникумăн Анатри Кипекçери ĕне фермин заведующийĕ Т. Михайлов Патăрьел районĕнчи «Гвардеец» колхозри доркăсене хуçалăхри ĕçсемпе паллаштарать; Патăрьел районĕнчи «Гвардеец» колхозри М. Судукова доярка тĕлпулăва пухăннисене хăйĕн пултарулăхĕпе савăнтарчĕ.**

С. Игнатьев фотоÿкерчĕкĕсем.

# КПСС обкомĕнче irттернĕ тĕлпулуран

Комсомол авторитечĕ чакса пырать. Апла-так, ВЛКСМ комитечĕсен ĕçне мĕнле майпа интереслĕрех, витĕмлĕрех, туллинрех йĕркелемелле? Комсомолăн область организацийĕн ĕçне çĕнетсе пыма мĕн чăрмантарать? Комсомол организацийĕсен ĕçĕнче мĕне тĕп вырăна хумалла? Парти комитечĕсемпе комсомол комитечĕсем хушшинчи çыхăну мĕнле пулмалла? Комсомол суйлав кампанине мĕнле хутшăнать? Республикăра тухса таракан хаçат-журнал çамрăксен пурнăçне, ĕçне-хĕлне, вĕренĕвне, кĕрешĕвне мĕнле çутатать? Çак ыйтусене тĕплĕн сÿтсе яврĕç иртнĕ шăматкун КПСС обкомĕнче иртнĕ калаçура.

КПСС обкомĕн бюро членĕсем, бюро членĕн кандидачĕсем, ВЛКСМ обкомĕн, хула комитечĕсемпе райкомĕсен, райком правине илнĕ ВЛКСМ комитечĕсен секретарĕсемпе, çамрăксен хаçачĕсемпе журналĕн, телерадиопередачăсен редакторĕсемпе тĕл пулчĕç.

Тĕлпулăва парти обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Петров уçса пычĕ.

Тÿрех калас пулать, партипе комсомол работникĕсем хушшинчи калаçу интереслĕ, усăллă, витĕмлĕ иртрĕ. Тĕлпулура комсомол пурнăçĕн чылай кăткăс ыйтăвĕсене хускатрĕç, комсомол область организацийĕн, ВЛКСМ хула комитечĕсемпе райкомĕсен çĕнетÿ тапхăрĕнчи ĕçне критикăлла тишкерчĕç. ВЛКСМ комитечĕсен ĕçне малалла лайăхлатма паха сĕнÿсем нумай пачĕç, партипе комсомол комитечĕсем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетмелли лайăх майсене кăтартса хăварчĕç.

ВЛКСМ Çĕнĕ Шупашкар хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ Игорь Воропаев хулари яшсемпе хĕрсем социаллă пурнăçпа культура аталанăвĕн программине пурнăçлас ĕçе активлă хутшăннине нумай тĕслĕхсемпе çирĕплетсе пачĕ. «Химпром» пĕрлешÿри коллективлă договорта çамрăксен ыйтăвĕсене тивĕçтерессине тĕпе хунă. Çамрăк çемьесене пурнăç условийĕсене лайăхлатма кивçен укçа, хваттерсем параççĕ. ВЛКСМ комитечĕ коллективлă договор мĕнле пурнăçа кĕрсе пынине асăрхасах тăрать, калтăкмĕн пулсан, çакăн çинчен тÿрех администрацие аса илтерет. «Чебоксаргэсстрой» управленири парти, профсоюз комитечĕсене, ытти общественлă организацисене комсомолецсене, комсомолта ĕçлекен коммунистсене суйласси аван йĕркеленĕ. Хулари комсомолецсем суйлав кампанийĕнче пуçарулăх кăтартаççĕ.

ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ Олег Цыпленков комсомол комитечĕсен ĕçĕнчи йывăрлăхсем çинче чарăнса тăчĕ. Яшсемпе хĕрсем Ульяновск, Куйбышев облаçĕсене, ытти республикăсене нумай куçса каяççĕ. Тĕп сăлтавĕ — вĕсене хĕллехи вăхăтра ĕçпе тивĕçтерменни, ĕçпе йăла условийĕсене лайăхлатманни, канăвне тивĕçлипе йĕркелеменни.

Парти комитечĕсенчен хăшпĕрисем комсомол организацийĕсен ĕçĕпе кирлĕ пек интересленмеççĕ, вĕсене вăхăтра пулăшу памаççĕ. Комсомол кадрĕсемпе ĕçлес енĕпе пысăк çитменлĕхсем пур. Хваттерсемпе тивĕçтермен пирки кадрсем час-часах улшăнса тăраççĕ.

В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен пĕрлешÿри ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Леонид ... мĕ кадрсем суйласа илес, вĕсене вырнаçтарса тухас тата воспитани парас ĕçе çителĕклĕ туса пыманнине палартрĕ. Çамрăксене патриотла воспитани парас ĕçе республикăри ДОСААФ комитечĕ кирлĕ пек хутшăнмасть. И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университетĕнчи ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Юрий Шилов çемьеллĕ студентсем валли уйрăм общежитисем тăвас ĕçре пулăшу ыйтрĕ. ВЛКСМ обкомĕн членĕ Валерий Шуйков партипе комсомол, комсомолпа государство хушшинчи çыхăнусем çинче чарăнса тăчĕ. «Пионер сасси» хаçат редакторĕ Мария Мареева КПСС обкомĕн издательствинче полиграфи базине начаррине палартрĕ.

ВЛКСМ Тăвай райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ Игорь Ильин КПСС обкомĕнче ĕçлекенсем района пырсан та комсомол райкомне кĕрсе тухманнине тĕслĕхсемпе çирĕплетсе каларĕ. Ĕçе лайăхлатас тесен, вăл колхоз правленийĕсемпе совхоз дирекцийĕсене ВЛКСМ комитечĕсен секретарĕсене хушса тÿлеме сĕнчĕ. «Хатĕр пул» журнал коллективĕн те хăйĕн нушисем чылай. Полиграфи базинчĕ вăйсăр. КПСС Чăваш обкомĕн издательстви 1979 çултанпа редакци валли пĕр хваттер те уйăрман. Журналăн ответлă секретарĕ Евгения Степанова çакăн çинчен пăшăрханса каларĕ.

ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ В. Петров комсомол организацийĕсенче çĕнетÿ мĕнле-вăй илсе пыни, партипе комсомол комитечĕсем хушшинчи хутшăнусем çинче чарăнса тăчĕ. Комсомолăн паянхи тĕп задачи вăл — яшсемпе хĕрсене политикăпа хуçалăх ĕçне, социаллă пурнăçпа экономика ыйтăвĕсене татса парас ĕçе активлă хутшăнтарасси. ВЛКСМ обкомĕн пай заведующийĕ Илья Абдюшев «Молодой коммунист» хаçат редакцийĕн ĕçне тишкерчĕ. Хаçат ВЛКСМ обкомĕн органĕ пулса тăрайман-ха, вăл ĕç темине начар çутатать, комсомол комитечĕсен кĕрешÿри пултарулăхне ÿстерес ыйтупа сивĕч те интереслĕ материалсем сахал пичетлет.

Тĕлпулура КПСС обкомĕн бюро членĕсем тухса калаçрĕç. Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕ А. Леонтьев хăй комсомолта ĕçленĕ çулсене, ун чухнехи витĕмлĕ те интереслĕ ĕçсене аса илчĕ. Çамрăксене воспитани парас ĕçре комсомол комитечĕсем яланах пуçарулăхпа пултарулăх кăтартма тивĕç. Колхозсемпе совхозсенче хĕллехи вăхăтра ĕçлеме предприятисен 170 цехне уçнă. Анчах ВЛКСМ комитечĕсем çак ĕçе хутшăнманпа пĕрех. Комсомол комитечĕсем яшсемпе хĕрсен социаллă пурнăç ыйтăвĕсене лайăхлатас енĕпе мĕнле ĕçлеççĕ? Халлĕхе çителĕксĕр, Облпрофсовет председателĕ В. Петин ВЛКСМ Улатăр хула комитетне çамрăксен культура канăвне çителĕксĕр йĕркеленĕшĕн критиклерĕ. Хулара çаплă Культура çурчĕ уçнă. Анчах унта культура мероприятийĕсем сайра иртеççĕ... пĕрех. В. Петин çул çитмен ачасемпе ĕçлессине лайăхлатмалли хашпĕр сĕнÿсем пачĕ. Юлашки вăхăтра çамрăксем хушшинче ĕç дисциплини чылай хавшанă. Апла пулсан, комсомол комитечĕсен ку ыйтупа ытларах ĕçлемелле. КПСС обкомĕн секретарĕ В. Шурчанов кадрсемпе ĕçлес ыйтăва тĕпе вырăна каларса тăратрĕ. Парти обкомĕн секретарĕ М. Якимов палартнă тăрăх, комсомол комитечĕсем организацисен шалти ĕçĕнчи паха опыта пĕтĕмлетсе сармаççĕ.

Тĕлпулури калаçăва пĕтĕмлетсе, парти обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Петров çапла каларĕ:

— Паян икĕ енĕшĕн те усăллă, интереслĕ калаçу пулса иртрĕ. ВЛКСМ хула тата район комитечĕсен секретарĕсем, райком правине илнĕ комсомол организацийĕсен секретарĕсем, журналистсем критиклесе каланисемпе вĕсен сĕнĕвĕсене пĕтĕмлетмелле, вĕсене парти, совет тата хуçалăх органĕсен руководителĕсем патне çитермелле. Республикăри комсомол ырă ĕçсем сахал мар туна. Малашне те тăвĕ. Пуçарулăхпа активлăха ÿстерсе пымалла, вĕсемпе паянхи пурнăç хушнă пек ĕçлемелле. Халлĕхе вара ВЛКСМ комитечĕсен ĕç стилĕпе меслечĕсем пурнăç ыйтăвĕсене тивĕçтермеççĕ-ха. Çулталăк хушшинче ВЛКСМ область организацийĕн йышĕ 16 пин çын чухлĕ чакнă. 378 организацире ВЛКСМ ретне пĕр çамрăка та йышăнман. Çичĕ пин яшпа хĕр комсомол учетĕнчен тухмасăрах урăх çĕре куçса кайнă. ВЛКСМ ретне илнисем хушшинче рабочисемпе колхозниксем сахалланса пыраççĕ. Нумаях пулмасть пулса иртнĕ районсемпе хуласенчи конференцисен ĕçне делегатсем активлă хутшăнман. Кашни 100 делегатран 15 делегат конференцие пыман. Шупашкар хулинчи комсомол конференцине вара 617 делегатран 207-шĕ пыман. Комсомол комитечĕсем суйлав кампанине те активлă хутшăнмаççĕ. РСФСР халăх депутатне суйлама пĕр комсомолеца, Чăваш АССР халăх депутатне суйлама 12 комсомолеца кăна кандидата тăратнă. Парти обкомĕн бюровĕ бюро членĕсене, бюро членĕн кандидачĕсене, обком членĕсене малашне ВЛКСМ хула комитечĕсемпе райкомĕсен, пуçламăш организацийĕсен ĕçне активларах хутшăнтарĕ.

Çапла каласса таталчĕç: çакăн пек тĕлпулусене çулталăк хушшинче пĕрре кăна мар ирттермелле, унта ВЛКСМ хула тата район комитечĕсен пĕрремĕш секретарĕсене çеç мар, ытти секретарьсене те, комсомол активне те чĕнмелле.

**А. КРЫСИН.**

## ЛЕНИН ÇИНЧЕН

«Владимир Ильич Ленин çинчен аса илнисем» ятлă вунă томлă ĕçен виççĕмĕш томĕ пичетленсе тухнă. Кĕнекене историллĕ пысăк тапхăра — иртнĕ çĕрçуллăх вĕçенчен пуçласа пĕрремĕш тĕнче вăрçи пуçланичченхи тапхăра — çутатса паракан асаилÿсене кĕртнĕ. Вĕсен авторĕсем — Владимир Ильичăн соратникĕсем, партипе государство деятелĕсем — революциллĕ кĕрешÿри йывăр условисенче В. И. Ленин ертсе пынипе ĕçленĕ çынсем. Авторсен шутĕнче Ленинпа пĕр вăхăтра пурăннă ытти çынсем те пур.

Кĕнекене çавăн пекех Ленинпа çывăх пулнă, каярахпа Сталин айăпланă çынсен асаилĕвĕсене кĕртнĕ.

«Асаилÿсен» виççĕмĕш томне Политиздат пичетлесе кăларнă.

(ТАСС).

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче

Чăваш совет музыка искусствинче тунă тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Чăваш государство музыка театрĕнче ĕçлекен çак юлташсене **«Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ»** хисеплĕ ят пана:

Сергей Александрович **Иванова** — вокалист-артиста,

Галина Захаровна **Казанцевăна** — концертмейстера.

# «ДИАЛОГ» политклуб: январĕн 25-мĕшĕнче — ЧЕРЕТЛĔ ЗАНЯТИ

Январĕн 25-мĕшĕнче КПСС обкомĕн Политвĕренÿ çуртĕн Пысăк заленче «Диалог» политклубăн черетлĕ занятийĕ пулать. Унăн теми — «Экологи тата эпир». 17 сехетре пуçланать. Çак ыйтусене сÿтсе яваççĕ:

**1. Республикăри экологи тĕлĕшĕнчи лару-тăру. Çынпа çутçанталăк хушшинчи çыхăну.**

**2. Экологи тата экономика.**

**3. Экологи воспитанийĕ: опыт, практика, проблемăсем.**

**4. Общественноçăн экологи лару-тăрăвне лайăхлатас ĕçри ролĕ.**

Политклуб занятийĕнче Чăваш АССР Çутçанталăка сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен государство комитечĕн председателĕ **Ж. Г. Строкач**, СССР халăх депутачĕ, Пĕтĕм Российăри çутçанталăка сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăн республикăри совечĕн президиумĕн председателĕ, Етĕрне районĕнчи «Ленинская искра» колхоз председателĕ **А. П. Айдак** тухса калаççĕ.

Сÿтсе явакан ыйтупа дискуссие республикăн экологи тĕлĕшĕнчи хальхи лару-тăрăвĕпе тата малашлăхĕпе интересленекенсене пурне те — специалистсемпе ученăйсене, хими, биологи, медицина преподавателĕсене, аслă шкулсен ытти факультечĕсенче ĕçлекенсене, санитари службин работникĕсене, предприятисен, колхозсемпе совхозсен общественлă организацисен, çавăн пекех хăйсем тĕллĕн йĕркеленнĕ организацисен руководителĕсене, мĕнпур çынсене чĕнеççĕ.

Сÿтсе явма палăртнă ыйтусемпе малтанах канашлама, сĕнÿсем пама пулать. Çак телефонсемпе шăнкăравласа калаçмалла: 22-05-87, 22-46-75, 22-55-69. Кулленех 12 сехетпе 18 сехет хушшинче шăнкăравласа калаçма пулать.

Яланхи пекех «Диалог» политклуб ĕçленĕ кун КПСС обкомĕн Политвĕренÿ çуртĕнче **15 сехетрен пуçласа 17 сехетчен** аудиторисенче министерствăсемпе ведомствăсен ответлă работникĕсем ĕççыннисене йышăнаççĕ, консультаци параççĕ.

— **Экологипе санитари тĕлĕшĕнчи лару-тăру ыйтăвĕпе** — Чăваш АССР Çутçанталăка сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен государство комитечĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ Иван Илларионович Николаев, Чăваш АССР государство санитари тĕп врачĕ Евгений Федорович Работаев (214-мĕш аудиторире);

— **сывлăха сыхлас ĕç органĕсен ыйтăвĕпе** — Чăваш АССР сывлăха сыхлас ĕç министрĕ Николай Григорьевич **Григорьев** (111-мĕш аудиторире);

— **социаллă пулăшу органĕсен ĕçĕн ыйтăвĕпе** — Чăваш АССР социаллă пулăшу министрĕ Василий Иванович **Васильев** (124-мĕш аудиторире);

— **пурăнмалли çурт-йĕр законодательствине пурнăçлас, пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăх предприятийĕсен ĕçĕпе çыхăннă ыйтусемпе** — Пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăх Чăваш территори производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ Роберт Анатольевич **Ильянов**, халăх депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ Валерий Петрович **Степанов**, профсоюзсен область совечĕн секретарĕ Валентина Васильевна **Хомскова** (206-мĕш аудиторире);

— **йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен предприятисен ĕçĕн ыйтăвĕпе** — халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен территори производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ Василий Александрович **Башминов** (119-мĕш аудиторире);

— **правăна хÿтĕлес тата право йĕркине сыхлас ыйтусемпе** — Чăваш АССР юстици министрĕ Леонид Алексеевич **Жарков**, Чăваш АССР шалти ĕçсен министрĕн заместителĕ Михаил Федорович **Киселев** (216-мĕш аудиторире).

Политклуб ĕçне КПСС обкомĕн бюровĕн членĕсем, республикăри партипе совет органĕсене ертсе пыракансем, идеологи, партипе хуçалăх активĕ хутшăнаççĕ.




ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕÇÇĔ

### Фергана

«Фергананефтеоргсинтез» пĕрлешĕвĕ ĕçченсенчен çĕр çын ытла çак кунсенче çĕнĕ хваттер йышăнма çăçăссисем илнĕ. Строительсем завод микрорайонĕнче пилĕк хутлă икĕ çурта ĕçе кĕртнĕ. Предприяти илекен пĕтĕм тупăшпа кунта работниксене кирлĕ чухлĕ пурăнмалли çурт-йĕр лартма йышăннă. Нефтехимиксем Ферганари çурт-йĕр комбинатне тĕпрен реконструкцилеме пулнă.

### Тбилиси

Грузири пантомима государство театрĕ çĕнĕ çурта ĕçлеме куçнă. Театр унта чи малтан «Пиросмани — патша» спектакль кăтартнă. Театр çуртĕнче сценăна питĕ лайăх йĕркеленĕ, репетици пӳлĕмĕсем, артистсем сцена çине тухма хатĕрленмелли меллĕ пӳлĕмсем çителĕклĕ. Зала халăх йышлă вырнаçать.

### Душанбе

Кунта иккĕмĕш антиквар-букинист аукционĕ пуçланнă. «Букинист» тата «Кĕнеке тĕнчи» магазинсем кĕнеке нумай сутаççĕ. Вĕсен илемлĕ литературăпа мемуарсем, иртнĕ çĕрçуллăхсенче пичетлесе кăларнă тĕн литератури, ку чухнехи произведенисем нумай.

### Лазарево

Еврей автономиллĕ облаçĕнчи Лазарево ялĕнчи Культура çуртĕнче çак кунсенче молдаван кĕввисем янăраççĕ. Кунта молдаван культурин интернационалла клубне уçнă. Ял çыннисенчен нумайăшĕ хăй вăхăтĕнче Амур тăрăхне Днестр юханшывĕ хĕрринчен куçса пынă.

### Тула

Тулари тата облаçри сиенлĕ йăласене хăнăхнă çынсенчен нумайăшĕ курссенче пулнă. Çав çынсенчен 10—15 процентĕ кăна сиенлĕ йăласене çĕнĕрен хăнăхнă. Специалистсем шутланă тăрăх, Ленинградри Г. Шичко ученăй табак туртакансене тата ĕçкĕпе иртĕхекенсене эмелсĕрех сиплетать: вăл вĕсемпе психотерапи занятийĕсем иртет, çынсен ăс-тăнне вăратма тăрăшать, сывă пурнăç йĕрки çыншăн мĕншĕн усăллă пулнине тĕслĕхсемпе çирĕплетсе парать. Облаçри урă пурнăç обществи усна курссенче наркологсем-врачсем сăс мар, общество активисчĕсем те вĕрентет...

Валериан Григорьевич Толстов-Атнарский — учитель-пенсионер, Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ. Аслă Отечественнăй вăрçă ветеранĕ. Хĕрлĕ Чутайра краеведени музейĕ уçас ĕçе пуçарса яракансенчен пĕри.

Халĕ кунти музейра 2.227 экспонат. Унта 20 пин çын ытла пырса курнă. Кун пек ветерансем районта сахал мар. Хăйсем хыççăн шанчăклă ăру хăварассишĕн мĕн кирлине пĕтĕмпех тума тăрăшаççĕ.

Шел пулин те, тепĕр чухне ватăсем вĕрентсе калани хăшпĕрисене килĕшсех каймасть. Ветерансене «пурне те куракан», «мĕнпур хушша-хуппа кĕрекен чăркăш çынсем» вырăнне хума пăхакансем те сук мар. Анчах та ватă çынсен пурнăç опычĕ пĕчĕк мар вĕт-ха, пĕлтерĕшĕпе пысăк. Вĕсенчен ĕçлеме вĕренмелле пирĕн, сăмахне итлемелле.

Пирĕнтен пĕрин Çĕн Атикассинчи вăтам шкулти коммунист-учительсен отчетпа суйлав пухăвĕнче пулма тӳр килнĕччĕ. Ытти пысăк ыйтусемпе пĕрлех, ветерансен, мĕнпур ял ĕçченĕсен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатасси синчен те çивĕч каласу пынăччĕ.

— Лайăхланас вырăнне пурнăç япăхланса пыма пуçларĕ, — терĕ пухура Г. Малюшкин учитель-пенсионер, «Марксист» колхозри ветерансен совечĕн председателĕ.

Ленин ячĕпе, Коминтерн ячĕпе хисепленекен тата «Искра» колхозсенчи, «Присурский» совхозри П. Засонский, Н. Лукина, П. Чарданов, П. Седайкина, Ф. Абаськина, М. Ижендеев, юсавпа техника предприятийĕнчи

йăлана кĕрсе пырать. Районти централизациленĕ библиотекăра ĕçлекенсем, акă, çак кунсенче Мария Алексеевна Туйманоавпа Марфа Федоровна Новиковăна çавăн пек лару-тăрура тивĕçлĕ канăва ăсатнă. Вĕсене тав сă-

*Идеологи ĕçне—пурнăç ыйтнă шая*

# ТӲПИ ПĔЧĔК МАР

Вăл Çĕн Атикассинчи Культура çурчĕ тата магазин, кадрсем çукки пула, чылайранпа хупă тăни, медицина работникĕсен çавăнăçусăрлăхне пула эмелсем тупма май çукки çинчен каларĕ.

Ветеран асăрхаттарса каланин усси пулчĕ. Çĕн Атикассинчи магазинра тата Культура çуртĕнче ĕçлеме кадрсем тупнă, ытти çитменлĕхсене те пĕтернĕ.

Колхозри ветерансен совечĕ ватăсене пулăшас енĕпе сахал мар ĕç тăвать. Ветерансен совечĕ тăрăшнипе пĕлтĕрпе кăçал кунта Ф. Шестопаловапа П. Герасимова ватăсене пӳрт лартса панă.

И. Егоркин ветерансем те хăйсен хастарлăхĕпе ыттисене ырă тĕслĕх кăтартаççĕ.

Çамрăксене патриотла воспитани пама хастар хутшăнакансене те палăртмалла. Акă, малтанхи ракетчиксем пулнă И. Конновпа А. Захаров, районти мире хӳтĕлекенсен комитечĕн председателĕ А. Шорников партипе профсоюз, комсомол тата «Пĕлӳ» обществăн пуçламăш организацийĕсемпе тачă çыхăну тытаççĕ, халăх хушшинче тăтăш пулаççĕ.

Ветерансене тивĕçлĕ канăва халăхпа пухăнса савăнăçлă лару-тăрура ăсатасси махĕ калана, грамотăсемпе парнесем панă.

Сынна хавхалантарма, кăмăл-туйăмне çĕклеме нумаях та кирлĕ мар. Пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатма пулăшнипе пĕрлех уявсенче тата çуралнă кун ячĕпе саламлани те мĕне тăрать! Хăйне асра тытнине, вăл ырă сунса каланисемпе çамрăксем усă курма тăрăшнине яланах туйса тăтăр ветеран.

Районта ĕçпе вăрçă ветеранĕсем 8.257 çын. Тăхăрсĕр саккăрăшĕ — фронтра пулнисем, вĕсенчен 198-шĕ — вăрçăран аманса таврăннисем.

Районти ĕçпе вăрçă ветеранĕсен советне 1987 çулта йĕркеленĕ. Унта çиччĕ комисси. А. Шорников çамрăксене ĕçре, çар патриотизмĕ тата интернационалла воспитани парас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссие ертсе пырать. «Путь коммунизма» колхозри А. Тверскова ветеран — пенсионерсене обществăпа производство ĕçне хутшăнтаракан комиссие. Çак комисси пулăшнипе икĕ çул хушшинче 150 пенсионера ĕçе вырнаçтарнă. СССР халăх депутачĕсен иртнĕ суйлавне хатĕрленсе ирттернĕ вăхăтра 22 ветеран суйлав комиссийĕнче пулнă. Ĕçпе çар мухтавĕн музейĕсенче 21 пенсионер ĕçлет.

Партгруппăсенче, депутатсен посчĕсенче, профсоюз организацийĕсемпе халăх контроль групписенче, юлташла судсенче, ялан ĕçлекен производство канашлăвĕсенче, тĕрлĕрен комиссисенче ĕçлекен ветерансем те сахал мар. Хуçалăхсенчи ревизи комиссийĕсене пурне те тенĕ пекех ветерансем ертсе пыраççĕ. Коминтерн ячĕпе хисепленекен колхозри П. Седайкинапа «Маяк» колхозри А. Максимов ку енĕпе уйрăмах ăнăçлă ĕçленине палăртасшăн.

Ĕçпе вăрçă ветеранĕсем ситменлĕхсем синчен куçран калаççĕ. «Сура» совхозри Туктамăшра, акă, тислĕк хуçалăхне йĕркелессине хакламаççĕ. Кĕл, кайăк-кĕшĕк тислĕке пухасси йăлана кĕмен. Минераллă удобренисем çине шанса лараççĕ.

— Механизаторсем пире, ваттисене, итлемеççĕ, сирĕн килте лармалла, теççĕ, çĕре агротехникăна пăсса сухалаççĕ, — терĕç А. Юманкина, А. Гордеев, П. Печников пенсионерсем. Çав ялти пухура ватă коммунистсем экологи ыйтăвне те, ял илемне упрас ыйтăва та хускатрĕç.

— Яла кĕме-тухма май сук. 1954 çулта кĕреçепе чавсах икĕ пĕве тунăччĕ — халиччченех тытăнса тăчĕç. Халĕ вара техника ун чухнехи МТСран та нумайрах пулин те, пĕвесем пĕвелеймеççĕ, — терĕ П. Печников.

Государствăна выльăхчĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесе парассипе те ветерансем нумай пулăшаççĕ. Кив Атикассинчи В. Егоров — 397, Туканашри С. Дмитриев — 315, Сĕнтĕксырминчи Г. Андреев 299 килограмм таякан выльăхсем самăртса панă. Туктамăшри В. Таеров 18 сысна самăртма договор тунă, ултăшне 115—120-шер килограма çитерсе сутнă. Виталий Петрович хăйĕн килĕнчи икĕ вăкăра та, виççĕшер центнера çитерсе, государствăна сутнă.

Ветерансенчен тухса çӳрейменнисем те, ыттисен пулăшăвĕ кирлисем те сахал мар. Кама мĕнле пулăшу кирлине пĕлме районти социаллă пулăшу пайĕпе тата ял Совечĕсен ĕçтăвкомĕсемпе пĕрле рейд ирттернĕ. «Путь коммунизма» колхозра тăватă пенсионера çурт лартма тата юсама пулăшнă. Хăшпĕр инвалидсене телефон кĕртсе панă, больницăра вĕсем валли ултă койка уйăрнă.

Пĕччен пурăнакан ветерансем районĕпе 430 çын. Вĕсене пулăшма кӳршĕсене тата шкул ачисене çирĕплетнĕ. Вăрман хуçалăхĕнче йĕркеленĕ «Тимлĕх» кооператив тăрăшнипе икĕ çул хушшинче ветерансене вутă хатĕрлесе тата кӳрсе панă.

**М. ЧИКИРИН,**
районти ветерансен совечĕн председателĕ.

**П. ГОЛИЦЫН,**
«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн штатра тăмап корреспонденчĕ.



Удмурт АССРĕ. «Воткинский завод» производство пĕрлешĕвĕ халиччен ракетăсем туса кăларакан вăрттăн предприяти пулнă. Унта халĕ мирлĕ пурнăçра усă курмалли изделисем туса кăлараççĕ. Предприяти сĕте пастеризацилемелли тата сивĕтмелли установкăсем серипе туса кăларма тытăннă.

Заводра кĕпе çумалли пĕчĕк йышши «Фея» (СМ-1,5) ытларах туса кăларма пуçланă. Çавăн пекех кĕпе çумалли çĕнĕ йышши пысăк машинăна (СМ-2) сăнаса пăхма тытăннă.

Воткинскра туса кăларакан ача кӳмисем те — питĕ кирлĕ продукци. Завод туса кăларакан тишкерӳ центрĕсемпе универсаллă фрезер станокĕсене хамăр çĕршывра çеç мар, урăх çĕршывсенче те пысăка хурса хаклаççĕ.

Ӳкерчĕк çинче: контроль стенчĕ çинче — сĕт тултармалли установка.

(ТАСС фотохроники).

# ХРЕСЧЕН ХУÇАЛĂХĔ ПУЯН ПУЛТĂР

Кил çумĕнчи çĕр лаптăкĕн, хушма хуçалăхăн уссине пурте курса ĕненчĕç ĕнтĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрсен Совечĕ ку тĕлĕшпе юлашки вăхăтра йышăннă постановленисем граждансен килти хуçалăхĕсенче ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине ӳстерме, коллективлă садсемпе пахчасене аталантарма...

Ялта пурăнакан кашни çемьене кил çумĕнчи çĕр лаптăкĕпе усă курма, выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк усрама тивĕçлĕ условисем туса пама тăрăшни Шăмăршă районĕнчи хуçалăхсен куллехи ĕçĕнче аван сисĕнет. Пирĕн корреспондент халăх депутачĕсен район Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕпе В. П. ФА-

хуçалăх ĕне усрама пăрахнине вырăнлă теме пулать-и тата?

— Хушма хуçалăха аталантарас ĕçре потребкоопераци организацийĕсен ролĕ мĕнле шайра?

— Килти хуçалăхра туса...



## УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

### Пĕтĕм наци конференцийĕ

СОФИЯ. (ТАСС). Эрне каярах Болгарири коммунистсен партийĕнче фракци туса хунă, ăна «хирĕçле социализмла пĕрлешӳ» (АСО) ят панă. Фракци хăйĕн пĕрремĕш пĕтĕм наци конференцине ирттернĕ. Унта партин 2.500 ытла членĕ хутшăннă.

Конференцире хирĕçле социализмла пĕрлешĕвĕн политикăлла платформин тата унăн ĕçĕсен программин проекчĕсене сӳтсе явнă. Политикăллă платформа проектĕнче çапла каланă: АСО парти фракцийĕн ĕçĕсене хăй çине илет. Фракциллĕ кĕрешӳ вăл — партие хирĕçле кĕрешӳ мар. Фракцилле ĕçе партие хирĕçле ĕç вырăнне хума юрамасть. АСО — партин пĕр пайĕ. Вăл Болгарири коммунистсен партине демократи никĕсĕ çинче çĕнĕлле йĕркелессишĕн кĕрешекен мĕнпур вăйсемпе килĕштерсе ĕçлеме шутлать. Социализмла пĕрлешӳ тĕллевĕ — Болгарири компартирен ку чухнехи демократилле социализм партине туса хурасси.

Политикăллă платформа проектĕнче АСО компартин тулашри политики тĕлĕшпе мĕнле позици йышăннине палăртнă. Тулашри политикăна наципе государство интересĕсен никĕсĕ çинче тата тĕнчери хутшăнусен пур çĕршывсем те пĕрле килĕшсе йышăннă нормисемпе килĕшӳллĕн йĕркелемелле. Фракци ССР Союзĕнчи тата Хĕвелтухăç Европăри ытти çĕршывсенчи çĕнетӳ процесĕсен аталанăвне ырлать, çак процессем пĕр-пĕрне усă кӳ...

### Горбачева пулăшмалла

ЛОНДОН, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Великобритани премьер-министрĕ Маргарэт Тэтчер тата кунта килсе çитнĕ Япони премьер-министрĕ Тойсики Кайфу хушшинче калаçусем пулса иртнĕ.

Туслă лару-тăрура иртнĕ калаçу вăхăтĕнче енсем çакна палăртнă: вĕсем Хĕвелтухăç Европăри государствăсене унта пулса иртекен пысăк улшăнусемпе килĕшӳллĕн пулăшу парас енĕпе тачă килĕштерсе ĕçлеме тивĕç. Çавна май Британи кабинечĕн пуçлăхĕ çапла каланă: «Пирĕн Горбачев господина пулăшмалла. Çавăн пекех эпир Хĕвелтухăç Европăри çĕршывсене мĕн пултарнă таран пулăшма тивĕç. Хĕвелтухăç Европа рынок экономики мĕнлерех ĕçленине ăнланмашкăн вĕренме тивĕçлĕ». Маргарэт Тэтчер Япони ку енĕпе вăй хунине пысăк хак панă.

Çавăн пекех, Хĕвелтухăç-Хĕвеланăç хушшинчи хутшăнусене, хăшпĕр регионти ыйтусене, çав шутра Инçет Хĕвелтухăçĕнчи лару-тăрăва пăхса тухнă. Икĕ лидер та Китай Халăх Республикипе тытакан хутшăнусене лайăхлатмалли малашлăх ыйтусене сӳтсе явнă.

### Килте ĕçлеме тивет

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Çак çĕрçуллăхăн юлашки вунăçуллăхĕнче америкăнецсен килте ытларах ĕçлемелле пулать. Çапла каланă Конференс Борд тĕпчев организацийĕ хатĕрленĕ докладра. Тĕпчев ĕçне США хуçалăхĕн тĕрлĕрен отраслĕсен пилĕкçĕр ытла компанийĕн представителĕсем хутшăннă. Вĕсен 73 проценчĕ çапла шутлать: ĕç кунĕ хăçан пуçланас тата хăçан вĕçленес пирки чикĕ пулмалла мар, анчах работникăн темиçе сехет хушши хăйĕн ĕç вырăнĕнче пулмалла. Компанисен представителĕсенчен 56 проценчĕ 90-мĕш çулсенче килте ĕçлекен америкăнецсен йышĕ чылай ӳсет, тесе шутлать.

### Пĕрремĕш вырăнта

ПЕКИН, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Китай çĕршыври халăх йышĕпе тĕнчере пĕрремĕш вырăна çирĕп тытса пырать. Пĕлтĕр, официаллă даннăйсемпе килĕшӳллĕн, çĕршывра пĕр миллиард та 100 миллион ытла çын пурăннă. Çапла вах... Республикинче нумаях та юлман ĕнтĕ. Специалистсем шутланă тăрăх, 2000 çул тĕлне Китай халăхĕ çак хисепрен иртмелле мар. Урăхла пулсан, çĕршывра сухалакан çĕрсем тата укçа-тенкĕ çитменнине кура çынсене апат-çимĕç, кĕпе-тумтир, куллен кирлĕ та...

са пынă.

## Тула

Тулăри тата облаçри сиенлĕ йăласене хăнăхнă çынсенчен нумайăшĕ курссенче пулнă. Çав çынсенчен 10—15 проценчĕ кăна сиенлĕ йăласене çĕнĕрен хăнăхнă. Специалистсем шутланă тăрăх, Ленинградри Г. Шичко ученăй табак туртакансене тата эрекепе иртĕхекенсене эмелсĕрех сыватать: вăл вĕсемпе психотерапи занятийĕсем иртерет, çынсен ăс-тăнне вăратма тăрăшать, сывă пурнăç йĕрки çыншăн мĕншĕн усăллă пулнине тĕслĕхсемпе çирĕплетсе парать. Облаçри урă пурнăç обществин уçнă курссенче наркологи-врачсем çеç мар, общество активисчĕсем те ĕçлеççĕ.

## Благовещенск

Благовещенск облаçĕнчи краеведени музейне пин ытла бронза укçа пырса панă. Çав укçасене Тамбов районĕнчи Николаевка ялĕ хĕрринче тупнă. Укçасене IX—XVI ĕмĕрсенче Японире, Китайра, Вьетнамра, Корейăра туса кăларнă.

## Талды-Курган

Кăнтăр Балхаш тăрăхĕнче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем патне çак кунсенче поликлиника пырса çитнĕ. Врачсен кабинечĕсене, процедура пӳлĕмне тата лабораторие ятарлă автомобильсем çине вырнаçтарнă. Куçса çӳрекен çак медицина учрежденине Талды-Курган район больници çумĕнче уçнă.

## Мускав

Мускаври çамрăксемпе студентсен хорĕ Испанири Толос хулине кайса килнĕ. Унта коллектив çамрăксен хорĕсен тĕнчери конкурсĕн лауреачĕ пулса тăнă. Конкурсра нумай çĕршывсен коллективĕсем хăйсен пултарулăхне кăтартнă.

## Львов

Кунта вырăсла калаçакансен А. Пушкин ячĕпе хисепленекен обществин членĕсем хĕллехи пĕрремĕш фольклор фестивальне иртернĕ. Украинецсен, поляксен, еврейсен, венгрсен тата авалхи хуларi ытти халăх çыннисен культура обществисен членĕсем интереслĕ концерт кăтартнă.

## Мариуполь

Донецк облаçĕнчи Мариупольри коксохими заводĕнче çĕнĕ кокс батарейине проектпа палăртнă хăватпа ĕçлеттерме тытăннă. Çакă таврари нихăш сынчен те сиен кӳмест. Ятарлă микроорганизм штамĕсем промышленность производствинче усă курнă шыва тасатса тăраççĕ. Донбасри Авдеевка, Коммунарск хулисенчи коксохимиксем, Северодонецк, Горловка тата ытти хуласенчи химиксем сиенлĕ каяшсене биотехнологипе тасатмалли меслетпе халĕ анлă усă кураççĕ.

---

Удмурт АССРĕ. «Воткинский завод» производство пĕрлешĕвĕ халиччен ракетăсем туса кăларакан вăрттăн предприяти пулнă. Унта халĕ мирлĕ пурнăçра усă курмалли изделисем туса кăлараççĕ. Предприяти сĕте пастеризацилемелли тата сивĕтмелли установкăсем серипе туса кăларма тытăннă.

Заводра кĕпе çумалли пĕчĕк йышши «Фея» (СМ-1,5) ытларах туса кăларма пуçланă. Çавăн пекех кĕпе çумалли çĕнĕ йышши пысăк машинăна (СМ-2) сăнаса пăхма тытăннă.

Воткинскра туса кăларакан ача кӳмисем те — питĕ кирлĕ продукци. Завод туса кăларакан тишкерӳ центрĕсемпе универсаллă фрезер станокĕсене хамăр çĕршывра çеç мар, урăх çĕршывсенче те пысăка хурса хаклаççĕ.

Ӳкерчĕк çинче: контроль стенчĕ çинче — сĕт тултармалли установка.

(ТАСС фотохроники).

# ХРЕСЧЕН ХУÇАЛĂХĔ ПУЯН ПУЛТĂР

**Кил çумĕнчи çĕр лаптăкĕн, хушма хуçалăхăн усси пурте курса ĕненчĕç ĕнтĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрсен Совечĕ ку тĕлĕшпе юлашки вăхăтра йышăннă постановленисем граждансен килти хуçалăхĕсенче ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине ӳстерме, коллективлă садсемпе пахчасене аталантарма çĕнĕ майсем туса пачĕç.**

**Ялта пурăнакан кашни çемьене кил çумĕнчи çĕр лаптăкĕпе усă курма, выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк усрама тивĕçлĕ условисем туса пама тăрăшни Шăмăршă районĕнчи хуçалăхсен кулленхи ĕçĕнче аван сисĕнет. Пирĕн корреспондент халăх депутачĕсен район Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕпе В. П. ФАДЕЕВПА тĕл пулса калаçнă.**

— Валерий Петрович, астăватăр пулĕ 1988 çулхи ноябрьте Орел облаçĕнче агропромышленность комплексне аталантарас ыйтусемпе иртернĕ Пĕтĕм Союзри канашлура уйрăм граждансен хушма хуçалăхĕсем çĕрĕçпе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ӳстермешкĕн витĕмлĕ пулăшу панине пысăка хурса хакларĕç. Унтанпа вăхăт чылай иртрĕ. Районти колхозсемпе совхозсенче туса хатĕрленĕ «Килти хушма хуçалăх» программа мĕнле пурнăçланса пынине пĕтĕмлетме те пулать пуль...

— Çапла, хальхи вăхăтра ял çынни килти хуçалăхĕ çĕршывăн агропромышленность комплексĕн питĕ кирлĕ пайĕ пулса тăрать. Апат-çимĕç ыйтăвне татса парас тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕн 1989 çулхи мартри Пленумĕнче палăртнă решенисене пурнăçласси хушма хуçалах аталанăвĕнчен нумай килет. Çакна хамăрăн Шăмăршă тăрăхĕнчи хуçалăхсен, вырăнти Советсем туса иртерекен ĕçсен шайĕпе пăхса çирĕплететĕп. Акă, пĕлтĕр аш-какайăн 8,5 процентне, сĕтĕн 21 процентне уйрăм граждансем тăрăшнипе туса илнĕ.

Ялта пурăнакан, çĕрпе усă куракан çын, выльăх-чĕрлĕх тытма, пахчаçимĕç туса илме май пур çĕртех, мĕншĕн-ха ашпăшпа çу туянма хулана каять? Елĕкрех вăл çак продуктсене хăй пасара илсе тухса сутатчĕ. Çак ыйту канăç памасть мана. Сăлтавĕсем те паллă: пĕр вăхăтра килти хуçалăх çине пачах пăхми пултăмăр. Килкартинче выльăх-чĕрлĕх тытакан çирĕп хуçалăхсене «кулак», «хăйшĕн тăрăшакан, пурлăхшăн çунакан» çын тесе питлени те пулчĕ. Колхозниксем хăйсен килĕнче выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк нумайрах усрама тытăнсан, вĕсене апатпа тивĕçтермелле-çке-ха. Апачĕ вара колхозри выльăхсене çитерме хăйсене те çитмест. Ирĕксĕрех ял çынни выльăхран уйрăлма тивнĕ. Кунсăр пуçне, килте туса илекен сутлăх продукци хуçалăхсен план шутне кĕмен.

— Иртнĕ çулталăк пуçламăшĕнче Вăрмар районĕнчи халăх депутачĕсен Кавал ял Совечĕн, Патăрьел районĕнчи Сăкăт ял Совечĕн депутачĕсем республикăри яллă вырăнсенче пурăнакансене харпăр хăй хуçалăхĕнче ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине ӳстерме чĕнсе каларĕç. Шăмăршăсем вĕсен пуçарăвне мĕнле йышăнчĕç?

— Чĕнсе каланисене ял Совечĕсен пĕлтĕр февраль-март уйăхĕсенче иртнĕ сессийĕсенче сӳтсе явнă. Кашни ял Совечĕ, вырăнти условисене шута илсе, государствăна çĕрулмипе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесе пама «Килти хушма хуçалăх» программа туса хатĕрлерĕç. Акă, унччен ял халăхĕ пĕр-икĕ сысна усраниех сырлахнă пулсан, халĕ договорпа 3—4-е унтан та ытларах çура илет.

Ку тĕлĕшпе Анат Чаткас ял Совечĕ туса иртерекен ĕçсене ырламалла. Ял Совечĕн территорийĕнчи граждансем çулсерен государствăна хăйсенчен ытлашши продукцие нумай сутаççĕ. Акă, Анат Чаткасри И. Лукьянов колхозник çемйи виçĕмçул 4.454 килограмм сĕт хатĕрлесе сутрĕ. Çакăншăн «Восход» колхоз правленийĕ И. Лукьянова 1.336 тенкĕ тӳленĕ, унăн кашни уйăхри ĕç укçи çумне вăтамран тата 112 тенкĕ хушăннă. Çак ялти Н. Бакусева пенсионерка, Н. Лукияновапа Н. Степанов колхозник çемйисем çулсерен 3,2—2,5 тонна сĕт сутаççĕ. Эпĕ асăннă И. Лукьянов, акă, пĕлтĕр те 4 пин килограмм ытла сĕт хатĕрлесе пачĕ. Килти хуçалăха аталантарма ял çыннисене «Восход» колхоз правленийĕ, унăн председателĕ, райри Совечĕн депутачĕ М. Ухваркин, ял Совечĕн ĕçтăвкомĕ нумăй пулăшаççĕ. Колхоз ялти граждансене сысна çурисемпе тата пăрусемпе тивĕçтерет, хур-кăвакалпа чăх чĕпписем туянма пулăшать. Унсăр пуçне, вĕсене тăрантарса усрама выльăх апачĕ, ытлашши ялхуçалăх продукцине леçме транспорт тӳлевсĕр уйăрать. Ял Советĕнчи граждансем колхоза пĕлтĕр договорпа 40 пуç ĕне выльăх, 804 пуç сысна самăртса пачĕç.

**— Ытти ял Совечĕсем мĕнле ĕçлеççĕ?**

— Шăмăршă, Палтиел ял Совечĕсенчи граждансем кашни ĕне пуçне сĕт ыттисенчен нумайрах сутнă.

Шăмăршăра пурăнакан Т. Ильин пенсионер çемйи пархатарлă ĕç тăвать, çулсерен аш-какай, сĕт хатĕрлеме активлă хутшăнать. Сăмахран, пĕлтĕр Ильинсем 3.000 килограмм сĕт, 700 килограмм аш-какай, 15 пин тĕп ир пулакан купăста калчи, 4,5 пин тĕп помидор ӳстерсе сутнă.

«Волга» колхоз правленийĕ ку тĕлĕшпе пуçаруллă ĕçленине палăртмалла. Пĕлтĕр хуçалăх куити çемьесене договорпа 1.125 пуç сысна çури валеçнĕ. Акă, Безруковсен çемйи 9 çура илсе самăртнă. Вĕсем талăкра вăтамран 700-шер грамм ӳт хушнă.

**— Выльăх-чĕрлĕх самăртма договор тунă колхозпа совхозшăн, ял çыннишĕн усăллă апла?**

— Кун пирки никам та иккĕленмест. «Шемуршинский» совхозпа ял Совечĕн ĕç опычĕ те çирĕплетет çакна. Пĕр-

## Советсен пурнăçĕ

икĕ цифра илсе кăтартатăп. Виçĕмçул совхоз дирекцийĕ граждансене 100 пуç пăру, 473 сысна çури самăртма пачĕ. Шăмăршăри М. Какаев, совхоза вăкăрсем самăртса сутса 1.050 тенкĕ. Сарафановсен çемйи 1.500 тенкĕ ĕçлесе илчĕ. О. Тимошкина, Г. Емельянов, Н. Волков çемйисен бюджетне сĕт сутнипе 820—705 тенкĕ укça хушăнчĕ.

Килти хуçалăхра çитĕнтернĕ выльăхсем хатĕрлев пункчĕсене пурте самăр виçепе кайнă. Унсăр пуçне, продукци илме каякан тăкаксем пĕчĕк. Сăмахран, сыснасен талăкри ӳт хушаслăхĕ «Ленинская искра», Уруков ячĕпе хисепленекен, «Аврора», «За коммунизм» колхозсенче, «Гвардеец» совхозра 300 грамран та иртмен пулсан, килти выльăхсем 600 грамм е унтан ытларах ӳт хушнă. Пĕр центнер ӳт хуштарма каякан тăкак 1,7—2,5 хут пĕчĕкрех.

**— Эсир хушма хуçалăх усси кăтартма тĕрлĕ цифрăсем илсе кăтартрăр. Хирĕслемĕпĕр. Шăмăршă районĕнче ку енĕпе сахал мар ырă ĕç тунă. Çапах та ку тĕлĕшпе мĕн туса çитерейместпек туйăнать?**

— Çакăн çинчен иртнĕ çулхи сентябрь уйăхĕнче иртнĕ район Совечĕн черетсĕр сессийĕнче сивĕч те ĕçлĕ калаçу пулчĕ. Мĕншĕн тесен килти хуçалăх йĕркеллĕ аталанса пырать теме иртерех-ха. Шел пулин те, ялсенче выльăх-чĕрлĕх тытакан çемьесен йышĕ халлĕхе чакать. Иртнĕ çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне килти хуçалăхсенче районĕпе 4.472 ĕне выльăх (кунта пушмак пăрусем те кĕреççĕ), 1799 сыснапа 6450 сурăх пулнă. Урăхла каласан, кашни 100 кил пуçне 56 ĕне, 110 сурăх тата 32 сысна тивет. Юлашки виçĕ çулта Васан ял Советне кĕрекен ялсенче 83, Кивĕ Чукалта 72 хуçалăх ĕне усрама пăрахнине вырăнлă теме пулать-и тата?

**— Хушма хуçалăха аталантарас ĕçре потребкооперация организацийĕсен ролĕ мĕнле шайра?**

— Килти хуçалăхра туса илекен аш-какайпа ытти выльăх-чĕрлĕх продукчĕсене потребкооперация организацийĕсем (пирĕн республикăра çак ĕçе ытларах хатĕрлев контурĕсем çине шаннă) туянаççĕ. Виçĕмçул районти граждансем кооператорсене 150 тонна аш-какай сутма договор тунăччĕ. Чылай нумайрах сутрĕç. Шел пулин те, чылай колхозпа совхоз, килти выльăха никама та мар, хăйсене çеç суттарас тĕллев лартаççĕ. Кун йышшисем ирĕксĕрлесе выльăх-чĕрлĕх суттараççĕ, хакне ӳстерсе, кооператорсене «выçă» хăвараççĕ. Район центрĕнчи тата ялсенчи магазинсенче аш-какайран хатĕрленĕ продуктсем сахал сутăнни те çакăнпах çыхăннă.

Кооператорсен ĕçĕнче хăйсен енчен те çитменлĕх нумай. Çавăнасçулăх çитмест. Çитмен, дефицит таварсемпе кăна илĕртсе, халăха хăйсем майлă çавăрма хăтланаççĕ. Çав вăхăтрах потребкооперация хресченĕн ĕçне çăмăллатма, унăн ĕç тухăçлăхне ӳстерме хăй енчен мĕн тума пултарнине çителĕксĕр тăвать. Мĕншĕн калатăп-ха çакна? Хальхи хресчен хуçалăхне сепаратор, бензинпа ĕçлекен электронасуссем, ĕне сумалли агрегатсем, выльăх апачĕ вĕтетмелли е пăспа çемçетмелли хатĕрсем, теплицăсем кирлĕ. Паянхи колхозникăн, кулленхи ĕçпе тар тăкса пурлăх пухнă çыннăн, фабрикăра кăларнă кĕрĕк те тăхăнас килет. Çăмăл автомашина çӳретме те хирĕç мар вăл. Анчах халлĕхе çаксем ытларах тырпул çитĕнтерекенĕн, аш-пăш хатĕрлекенĕн ĕмĕтĕнче кăна.

**— Эпĕ район Совечĕн ĕçтăвкомĕнче граждансен хушма хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе йышăннă социализмла ăмăрту условийĕсемпе паллашрăм. Сăмахран, 3.000 килограмран кая мар сĕт тата 1.500 килограмран кая мар какай (пусса тирпейленĕ виçепе) сутакан уйрăм çынсене черетсĕр туянма «Жигули» тата «Запорожец» çăмăл автомобильсем уйăрма шантарнă.**

— Колхозсемпе совхозсене те манса хăварман. Сăмахран, аш-какай тата сĕт туса илессине тата хатĕрлессине пĕлтĕрхи шайран 10 процент ӳстернĕ, выльăх-чĕрлĕх отраслĕнчи кашни çын пуçне 9 пин тенкĕрен кая мар тупăш илнĕ колхоз е совхоз çĕнтерӳçĕ ята илет. Мала тухнисене хавхалантарма ГАЗ-53 автомашина тата МТЗ-82 урапаллă трактор уйăрнă. Колхоз председателĕсене, совхоз директорĕсене, ял Совечĕсен ĕçтăвкомĕсен председателĕсене те укçан премипарса хавхалантаратпăр.

**А. ЕМЕЛЬЯНОВ калаçнă.**

---

...рăнне хума юрамасть. АСО — партин пĕр пайĕ. Вăл Болгарири коммунистсен партине демократи никĕсĕ çинче çĕнĕлле йĕркелессишĕн кĕрешекен мĕнпур вăйсемпе килĕштерсе ĕçлеме шутлать. Социализмла пĕрлешӳ тĕллевĕ — Болгарири компартирен ку чухнехи демократилле социализм партине туса хурасси.

Политикăллă платформа проектĕнче АСО компартин тулашри политики тĕлĕшпе мĕнле позици йышăннине палăртнă. Тулашри политикăна наци не государство интересĕсен никĕсĕ çинче тата тĕнчери хутшăнусен пур çĕршывсем те пĕрле килĕшсе йышăннă нормисемпе килĕшӳллĕн йĕркелемелле. Франци ССР Союзĕнчи тата Хĕвелтухăç Европăри ытти çĕршывсенчи çĕнетӳ процесĕсен аталанăвне ырлать. Çак процессем пĕр-пĕрне усă кӳмелли никĕс çинче Болгари çав çĕршывсемпе тытакан çыхăнусене вăйлатма пулăшасса шанать.

## Килте ĕçлеме тивет

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Çак çĕрçуллăхăн юлашки вунăçуллăхĕнче американецсен килте ытларах ĕçлемелле пулать. Çапла каланă Конференс Борд тĕпчев организацийĕ хатĕрленĕ докладра. Тĕпчев ĕçне США хуçалăхĕн тĕрлĕрен отраслĕсен пилĕкçĕр ытла компанийĕн представителĕсем хутшăннă. Вĕсен 73 проценчĕ çапла шутлать: ĕç кунĕ хăçан пуçланас тата хăçан вĕçленес пирки чикĕ пулмалла мар, анчах работникăн темиçе сехет хушши хăйĕн ĕç вырăнĕнче пулмалла. Компанисен представителĕсенчен 56 проценчĕ 90-мĕш çулсенче килте ĕçлекен американецсен йышĕ чылай ӳсет, тесе шутлать.

## Пĕрремĕш вырăнта

ПЕКИН, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Китай çĕршыври халăх йышĕпе тĕнчере пĕрремĕш вырăнта çирĕп тытса пырать. Пĕлтĕр, официаллă даннăйсемпе килĕшӳллĕн, çĕршывра пĕр миллиард та 100 миллион ытла çын пурăннă. Çапла вара Китай ученăйсем пĕр хутчен çеç мар асăннă чи пысăк цифра патне — 1,2 миллиард çынна çитме — Китай Халăх Республикинче нумаях та юлман ĕнтĕ. Специалистсем шутланă тăрăх, 2000 çул тĕлне Китай халăхĕ çак хисепрен иртмелле мар. Урăхла пулсан, çĕршывра сухалакан çĕрсем тата укçа-тенкĕ çитменнине кура çынсене апат-çимĕç, кĕпе-тумтир, кулленхи кирлĕ таварсем парса тăрас тĕлĕшпе пысăк йывăрлăхсем тухса тăма пултараççĕ.

## Хошиминри калаçусем

ХОШИМИН. (ТАСС). Кунта Вьетнамри коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн членĕпе, Социализмлă Вьетнам Республикин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕпе Нгуен Ко Тхатьпе Камбоджăн Министрсен совечĕн председателĕ, ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Хун Сен хушшинче калаçусем пуçланнă. Икĕ çĕршыв представителĕсем Камбоджа ыйтăвне татса памалли майсем шыраççĕ.

Çак кунсенче Ханоя Индонезин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Али Алатас пырать. Вăл Камбоджа ыйтăвне сӳтсе явмашкăн Нгуен Ко Тхатьпе тата Хун Сенпа тĕл пулассăн.

# Федерацие çĕнетессишĕн

Тĕнчери массăллă информаци органĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ, СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ М. С. Горбачев Литва ССРĕнче пулнине анлăн çутатса тăчĕç. Хаçатсем, радио тата телевидени Совет Союзĕн руководителĕ Вильнюсра союзлă республикăсен федерацие çĕнетес шухăша ырланине, вăл сепаратистсен позицийĕсене критикленине палăртрĕç.

ЛОНДОН. «Файнэншл таймс» хаçат Совет Союзĕн руководителĕ Вильнюсри топливо аппаратури туса кăларакан производство пĕрлешĕвĕнчи рабочисемпе тĕл пулни çинчен çырса пĕлтернĕ. Хаçат М. С. Горбачев хут çине пăхмасăр сăмах каланине уйрăмах палăртнă. Унăн сăмахĕнче ăслă-тăнлă шухăшсемпе пĕрлех тăрăхни те, ăшă сăмахсемпе çивĕч критика та пур. Совет Союзĕн руководителĕ литовецсене тепĕр хут тĕплĕн шухăшласа пăхма, федерацирех юлма чĕнсе каларĕ, тесе çырать хаçат.

М. С. Горбачев союзлă республикăсен самоопределени правине вĕсем ССР Союзĕнчен уйрăласси таранах пурнăçа кĕртмелли механизм çинчен калакан закон проекчĕ хатĕрлени çинчен пĕлтернĕ май «Дейли телеграф» хаçат çак ĕçе Совет Союзĕнчи çав тери пысăк пĕлтерĕшлĕ улшăнусем пуçланнăранпа иртнĕ тăватă çул хушшинчи чи хăюллă утăм, çĕнетӳ политикине малалла тăсни вырăнне хурать.

Çак эрнере Литвара М. С. Горбачевпа унăн ĕçри юлташĕсем Совет Союзĕнчен уйрăличчен малтан пурин çинчен те тĕплĕн шухăшласа пăхма чĕнсе каларĕç, тесе çырать «Гардиан» хаçат.

«М. С. Горбачев президент Литвари националистсене хирĕçес вырăнне калаçу иртерме чĕнсе каларĕ, тесе çырать «Морнинг стар» хаçат.

ВАШИНГТОН. «Литвара тата Балтика тăрăхĕнчи ытти государствăсенче никама пăхăнманлăх илес тĕллевпе пуçланнă юхăм Пĕрлешӳллĕ Штатсем умне йывăрлăх кăларса тăратрĕ, — тесе çырать «Нью-Йорк таймс» хаçат. — Горбачев республикăсем пĕтĕмĕшпех никама пăхăнман государствăсем пулса тăраймасан та пур енĕсемшĕн те юрăхлă май тупасса администраци шанать. Буш президент Совет Союзĕн руководителĕпе çыхăну тытасси малалла аталантарасса питĕ çирĕп шанать». Балтика тăрăхĕнче никама пăхăнманлăхшăн пуçланнă юхăм анлă сарăлни М. С. Горбачева хăратни-хăратманни пирки США администрацийĕнче хĕрӳллĕ тавлашу пырать, тесе çырать хаçат. «Горбачев Совет Союзĕн пĕрлĕхне сыхласа хăварассишĕн кампани пуçларĕ. Вăл Совет Союзне сыхласа хăварма кирли çинчен çынсене хăй ăнлантарса парать», — тесе çырать «Нью-Йорк таймс» хаçатăн Мускаври корреспонденчĕ. Вăл М. С. Горбачева вăйпа хăратассинчен сыхланакан вăйллă лидер вырăнне хурать. Горбачев президентпа литовецсем ыйтăва политикăллă майсемпе татса парасшăн пулнине Хĕвеланăç ырлама çеç пултарать, тесе çырать хаçат.

«Литовецсем ытти кирек мĕнле руководительпе танлаштарсан та хăйсене М. С. Горбачевпа лайăхрах пулнине пĕлсе тăраççĕ», — тесе çырать Америкăри Эн-би-си телекомпани обозревателĕ.

Эй-би-си телекомпани корреспонденчĕ Вильнюсран çапла пĕлтерет: литовецсем Горбачевпа пур ыйтусемпе те пĕтĕмĕшпех килĕшмерĕç, апла пулин те ăна тарават йышăнчĕç. Литовецсем шутланă тăрăх, М. С. Горбачев уйрăлас пирки закон сĕнни вăл — вăхăтпа усă курса юлма хăтланни кăна. Çавнашкал закон йышăничченех темиçе çул иртсе кайма пултарать. Çав вăхăт хушшинче Горбачев экономикăна вăйлатма пултарасса шанать. Ун чухне вара никама пăхăнманлăх пирки требовани лартакансем чакса пырĕç.

ВАРШАВА. М. С. Горбачев Литвара пулнин тĕп пĕлтерĕшĕ — вăл литовецсен прависене, çав шутра вĕсен ССР Союзĕнчен тухмалли правине законлă право вырăнне хуни, тесе çырать «Газета выборча».

ПАРИЖ. ТФ-1 телекомпани çакна палăртать: Литвара пулнă вăхăтра Совет Союзĕн руководителĕ çынсемпе тӳрремĕнех калаçмашкăн кирек мĕнле майпа та усă курчĕ. Телекомпани Францин оборона министрĕн Ж.-П. Шевенманăн сăмахне илсе кăтартать. Министр М. С. Горбачев ĕçне пысăка хурса хакланă, ăна суяна государство шайĕнче сивлесе чăнниние уçса палăртакан питĕ хăюллă çын вырăнне хунă.

ВАТИКАН. «Совет Союзĕн президенчĕ ăслă кӳршĕ пăхăнмасăр пурăнмалли майсем туса хума чĕнсе каланă çынсемпе тӳрĕ кăмăллă калаçусем иртерес шухăша пĕтĕмĕшпех ырларĕ. М. С. Горбачев ăслă-тăнлă пулма, пĕр-пĕрне шанма чи кирли — ытлашши васкасран сыхланма чĕнсе каларĕ» — тенĕ Ватиканри радио представителĕ. Васкани çĕнетĕве пĕтерсе хума, çĕнетӳ пулăшнипе тунă ӳсĕмсене тĕппипех пĕтерме пултарать. Горбачев литовецсене çапла шантарса каланă: политикăллă ыйтусене татса памалли майсем сыхланса юлсан, эпир пурсăмăр пĕрле вăй хурса ытти ыйтусене те татса парăпăр.

(ТАСС).

# РЕДАКЦИ ПОЧТИНЧЕН

*Чун кӳтнипе çырнă çыру*

## СУМКА ТУЛЛИ ТЕЛЕЙ

### Е ĔÇĔМ ЧĔР НУШАЛЛĂ ПИРКИ

**ПАТĂРЪЕЛ РАЙОНĔНЧИ ПĂЛАПУÇ НУРĂС ЯЛĔНЧЕ 25 ÇУЛ ПОЧТАЛЬОНКĂРА ĔÇЛЕТĔП. МИÇЕ КИЛОГРАММ ХАÇАТ ЙĂТНĂ-ШИ, МИÇЕ КИЛОМЕТР УТНĂ-ШИ? ÇАК ÇУЛСЕНЧИ ХАÇАТ-ЖУРНАЛСЕНЕ ПУРНЕ ТЕ ПĔР ÇĔРЕ КУПАЛАСАН, ТРАКТОР ТА ТӲРЕХ ХУСКАТАЯС ÇУК. ÇАК 25 ÇУЛ ХУШШИНЧЕ ЯЛАНАХ ÇУРАН. КĔСКЕН КАЛАСАН, ПИТĔ ЫВĂНСА ÇИТРĔМ. ЕНСЕ ЫРАТАТЬ, УРАСЕМ СУРАÇÇĔ. ÇĔНĔТӲ ÇИТРĔ. ТЕН, ПОЧТАЛЬОНСЕН ĔÇĔНЧЕ ТЕ ЫРĂ УЛШĂНУСЕМ ПУЛĔÇ, ТЕСЕ ХĔПĔРТЕНĔЧЧĔ. ПИРĔН ТАВРАРА ВИÇĔ ХУТ ÇĔНĔТӲ ПУЛСАН ТА, ПОЧТАЛЬОНСЕН СУМКИНА ÇУРАН ЙĂТМАЛЛА ПУЛĔ. ХĔЛЛĔ ТЕ, ÇУЛЛА ТА, КĔРЛĔ-ÇУРЛА ВĂХĂТРА ТА... ХĂШ ЧУХНЕ СУМКА 26 КИЛОГРАММ ТАЯТЬ. ÇАВĂН ЙЫВĂРĂША МĂЙРАН ÇАКСА ПЫЛЧĂКĂ ÇĂШАССИ — АЧА ВĂЙИ МАР.**

Чĕрĕк ĕмĕр каялла çак ĕçе пуçăннă чухне ялта 124 экземпляр хаçат салатмаллаччĕ, вĕсенчен 24-шĕ «Авангардчĕ». Çак çул валли вара, ведомство изданийĕсене шутламасăр, 550 экземпляр хаçат-журнал çырăнтартăм. Манăн халĕ кашни кун 138 киле çитмелле. Çыхăну уйрăмне 6 километр, каялла — 6. Киле ĕç лаши пек халтан кайса таврăнатăп. Килте ачасем те, выльăх-чĕрлĕх те пур. Тата çак асапсăр пуçне, лесничествăсем тăрăх вутă хатĕрлеме çӳремелле, выльăх апачĕ те тупмалла.

Хальхи вăхăтра Ишлĕ çыхăну уйрăмĕнче ĕçлекенсенчен чи пĕчĕк ĕç укçи илекенĕ — эпĕ. Ульяновкăра пурĕ те 50 кил çеç, çапах та унти почтальонка манран 20 тенкĕ нумайрах илет. Çак ыйтăва районти çыхăну узелĕнче пăхса тухмаççĕ, астутарнă пулсан та. Районти çыхăну узелĕ почтальонсен пурнăçĕпе интересленмест. Ĕç тумтирĕпе те çителĕклĕ тивĕçтермест. Вутă памаççĕ, тырă пирки шутламалли те çук. 15 çул каялла велосипед панăччĕ. Халĕ тата паратпăр, теççĕ. Вăхăт иртет, велосипед та çук. Хăв туян, укçине паратпăр, теççĕ. Аçтан илем-ха эпĕ ăна, магазинта çук пулсан.

Иртнĕ кĕркунне маншăн чăннипех тамăк пулчĕ. Кашни утăмĕ чуна пырса тивет. Пенси укçи ӳссе пыни — почтальонăн ĕç калăпăшĕ пысăкланни мар-и-ха? Яланах пĕччен утатăн, сумкăра темĕн чухлĕ укçа, инкек пуласран та шикленетĕп.

Мăшăрăм 9 çул каялла сарăмсăр вилчĕ. Ачасем иккĕшĕ те пĕчĕкччĕ. Вĕсене киле хупса хăварса, çыхăну уйрăмне чупаттăм, чĕре вутри пек çунатчĕ.

Пенсие кайиччен тата 7 çулха, уйччен ĕçлесе çитерĕп-ши? Çанталăк япăх чухне почта машини килмест, тепĕр кунне вара икĕ кунти хаçат-журнала [illegible] тĕрсе килес пулать. Колхоз руководителĕсенчен транспорт ыйтсан: «Сана уншăн укçа тӳлесçĕ», — теççĕ.

Çамрăк чухне мана çак ĕç кăмăла каятчĕ. Сумка тулли телей, ялти çынсене çав телее валеçнĕ пекех туйăнатчĕ. Халĕ вара çак ĕç чĕр тамăк пек туйăнать, çапах та пенсие çакăнтанах каясăм килет.

Пĕр 10 çул каялла эпĕ колхозри парторг ачин кăкăрĕ çинче «Лучший распространитель печати» знак курнăччĕ. Мĕншĕн панă-ха парторга çав знака? Мĕн тунă вăл пирĕн ĕçре? Эпир миçе экземпляр сарнине ыйтса пĕлнĕшĕн панă-ши? Эпир вăй-хала, ал-урана ывăнтарса, килрен-киле кĕрсе хаçат çырăнтарса çӳретпĕр, значокне вара — парторга. Тĕрĕс-и ку?

Пуçлăхсем çуран утмаççĕ, килĕсене тепĕр чухне 3—4 хут килсе каяççĕ пуль машинăпа. Эпĕ йывăр сумкăпа тăвалла хăпарнă чухне тĕл пулсан та, лартмаççĕ. «Васкаççĕ» вĕсем. Колхозри ытти шоферсем те хуçисенчен тĕслĕх илеççĕ пулмалла. Вăшт! кăна иртсе каяççĕ. Аçта та пулсан эрех сутнине илтсен, лашисем те сиккипех чупаççĕ, тракторĕсем те ĕрĕхеççĕ.

Чун кӳтсе килнĕ май, пурин çинчен те çырас тетĕп. Ялта пĕччен пурăнакан карчăксем сахал мар, тăлăх арăмсем те чылай. Вĕсен асапне кам курать-ха? Вăрман хĕрринче пурăнатпăр пулсан та, 100—150 тенкĕ парса вутă туянаççĕ. Ял Совечĕн нарядĕсене ытларах чухне унта ĕçлекенсем тата вĕсен тăванĕсем çеç илсе ыр кураççĕ.

Вырăнти Советсене депутатсем суйлама кандидатсем тăратрĕç. Пирĕн патăрта ăна та çĕнĕлле тумарĕç. Халăха клуба пуçтармарĕç. Малтанхи пекех фермăна, лаша витине кайнă та, уйчченхи депутатсенех хăвармалла, тенĕ. Мĕн тунă-ха вĕсем, кама пулăшнă, çав депутатсем?

Депутат тени, ман шутпа, халăхшăн ырми-канми тăрăшакан çын пулмалла, урăхла каласан — халăх тарçи. Халĕ вара [illegible] çĕнеççĕ? Сасăлăпăр-ши эпир вĕсемшĕн?

А. ШУРБИНА.

Патăрьел районĕ, Пăлапуç Нурăс ялĕ.

---

«Шăпа» — 1989 ç., ноябрь, 12

## АТТЕ-АННЕ УМĔНЧИ ПАРĂМ

«Шăпа» статьяна эпир, хĕрарăмсем, ушкăнпа Анастасия Архипова килĕнче пуханса вуларăмăр. Хамăрăн пулас шăпа çинчен шутласа куççуль те тухрĕ. Клавдия Петровна Меньшова пек телейсĕр карчăксем хальлĕхе ялсенче нумайланса кайрĕç. Вăрçăччен çуралнă çынсен тӳрĕ кăмăлпа ĕçлесси, пурнăçшăн тăрăшасси çирĕп йăлана кĕнĕ. Колхозра ĕç ирхине 5—6 сехетре пуçланнă та тĕттĕмччен пынă, ĕç укçи сахал е нумай пирки шутламан. Хальхи пек ачасем валли ясли-сад пулман, çавăнпа пушшех йывăр килнĕ пире. Пĕчĕк ачасене хамăрпа пĕрле хире илсе кайнă, кĕлте тĕммисен сулхăнне хунă, унта вара пысăкрах ачасем кăкăр ачисене ĕмкĕч (сахăр катăкĕпе çăкăр чăмласа, шăла пир витĕр) ĕмĕртсе ларнă, ача амăшĕсем çынсенчен юлас мар тесе, пуç çĕклемесĕр тырă вырнă.

Эпĕ хам та 7—8 çулсенчех алла çурла тытса, аннепе юнашар тырă вырма тăнă, апат-çимĕç хальхи пек пулман, уйранпа çăмах яшки (хальхи çамрăксем çăмах яшки мĕнне те пĕлмеççĕ) чи хаклă апат-çимĕç шутланнă. Ку ялта эп астуса юлнисенчен Надежда Ефимова, Люба Сапожникова, Фекла Матвеева, Феодора Матвеева, Мария Григорьева тата ытти нумай-нумай хĕрарăм, ачисене йăтса тухса, уй-хирте çĕрне-кунне пăхмасăр ĕçленĕ: çум çумланă, утă çулса пуçтарнă, тырă вырнă, авăн çапнă, сӳс-кантăр татса хутнă, патшалăха сутнă...

Хĕл кунĕсенче те кăнтăрла килте лармасан, каçхине вара ашшĕ çăпата тунă, амăшĕ çип арланă: тăла тĕртнĕ, сӳс-кантăр хутса кăларса тата тылласа, сӳс тӳсе тата шăртласа çав терп çирĕп пир тĕртнĕ, çемйине кĕпе-йĕм çĕлесе тăхăнтарнă. Ун чухне, хальхи пек, магазинта çи-пуç пулман, çавна шута илсен, халĕ магазинта «нимĕн те çук» тенине тĕрĕсех пек те туйăнмасть.

Çавăн пекех капма пĕлмесĕр ӳстернĕ ĕнтĕ Клавдия Петровна Меньшова хăйĕн ачисене пĕчĕкрен, ӳссен, ашшĕ-амăшне пăхса пурăнма, пĕчĕкрен пăхнишĕн парăма юлмĕç, тесе.

Анчах хальхи вăхăтра темшĕн-çке ватăсене хисеплесси йăлара мар. Килте те, ялта та, çул çинче те çамрăксем: «Ваттисен ларасчĕ килте, вĕсен ĕçе тухмасан та юрать» тесе калаççине час-часах илтме пулать. Халĕ ялта çамрăксем сахал, бригадăсенче пенсионерсем ĕçе тухмасан, 3—4 çын çеç уй-хир ĕçне хутшăнать. Ватă çынсем кирлĕ мĕнле ĕçе те тирпейлĕ те тĕплĕн тăваççĕ. Фермăсенче те ватăсем мĕн вăй çитнĕ таран тăрăшаççĕ. Пирĕн ялта ялхуçалăх кунĕ ячĕпе ирттернĕ савăнăçлă каçра ĕçчен пенсионеркăсем концерт та лартса пачĕç, анчах машинăпа леçнĕ чух шофер (ятне çырмастăп) «ватăсен ларасчĕ килте, ача пăхасчĕ» тени пурне те кӳрентерчĕ. Е пур ватăсене те ваттисен çуртне леçмелле-и? Анчах ваттисен çуртĕнче пурăнма ӳстернĕ-ши ачасене ашшĕ-амăшĕ, халĕ те государство вăй çитнĕ таран ватăсене пулăшать-ха.

Анчах та шăпа пурин те пĕр мар çав. Хамăр пек ĕçчен те сăпайлă пулма вĕрентни хăшпĕр çамрăксене темшĕн килĕшмест. Тен, йывăр пурнăçа тӳссе ирттернĕрен, пирĕн психологи те улшăннă-тăр: тепĕр чухне сăлтавсăрах тарăхма, çиленме, тулашма, хирĕçме тытăнатпăр, врачсем «ватлăх чирĕ» теççĕ ун пеккине. Çамрăксем вара, майлашса килĕшсе пурăнас вырăнне, ытларах чĕрре кĕрсе каяççĕ, е кил-çурта, ашшĕ-амăшне пачах пăрахса каяççĕ те, вĕсем вилсен, кил-çурт пайлама çеç пыраççĕ.

Уйрăм çамрăксем ашшĕ-амăшне хăйсем патне пурăнма илсе кайсан, хваттере тăварлатни пирки тарăхаççĕ, çавăнпа ĕнтĕ нумай ватă «мĕн виличченех тĕп килтен тухмастăп» тесе, тертне пуша курса пурăнать. Халĕ ялта ун пекки йĕркипех. Ача-пăчана çитĕнсе çитиччченех, хăйсем теллĕн пурăнма хăнăхиччен ашшĕ-амăшĕ пăхать. Çамрăксем вара кайран вĕсене, виличчен шутлă кунсем юлнă пулсан та, унта-кунта ăсатасшăн, çавăн пек пăшăрханнипех ĕнтĕ вĕсене паралич çапать, чирлĕ çынна вара никам та пăхасшăн мар, больницăна леçсе пăрахаççĕ те, пырса та курмаççĕ.

Е тата тепĕр тĕслĕх. Ситукасси карчăкĕ, Максимова (ятне астумастăп) каласа кăтартни асран тухмасть: Вăл икĕ хĕр ӳстернĕ, пĕри Саратов облаçĕнче, тепри Волгоград облаçĕнче качча тухнă. Кĕçĕн хĕрĕ килне килнĕ те, йĕркеллĕ кил-çуртне суттарса, амăшне хăйпе илсе кайнă. Хĕл каçнă çĕре вара амăшне хăваласа кăларма тытăннă, суркупне япалисене урама кăларса пенĕ те амăшне килне кĕртмен. Вара 82 çулхи карчăкăн кӳршĕре çĕр каçма тивнĕ. Тепĕр кунне тăван [illegible] таврăнать. Юрать-ха, кунта упăшкин шăллĕ ăна хăйĕн килне кĕртет.

Анчах ватă çын часах чирлесе ӳкет. Васкасах, машина чĕнсе илеççĕ, ăна больницăна леçме çула тухаççĕ, Москакасси ялĕ çумĕпе иртсе пынă чухне машинăпа чарса, çак хĕрарăма перекет кассинчен хăйĕн укçине илсе тухса пама ыйтаççĕ, карчăк килĕшменнипе кура, каç пулсан, Мăн Сĕнтĕрти больница картишне пăрахса хăвараççĕ. Йĕрсе ларакан карчăка медработниксем шала илсе кĕнĕ. Пĕр уйăхран сывалчĕ пулин те, ун патне никам пырса пăхмарĕ. Ялта кил-çурт çук. Максимова ыйтнипе, Волгоград облаçĕнчи кĕçĕн хĕрĕ патне, амăшне илме килмешкĕн ыйтса, çыру ятăмăр. Унтан çапла ответ килчĕ: «Мĕнле кайнă, çапла кил». Тепĕр эрнерен тин аслă хĕрĕ Волгоград облаçне илсе кайрĕ, вăл та амăшне: «Эсĕ кил-çурт сутса, укçине йăмăка патăн», — тесе ӳпкелешсе калаçать.

Кун пек тĕслĕхсем халĕ питех те нумай. Ватă çынсен пурнăçĕ, чăнах та, пылпа çу мар. Çамрăксем вĕсене хисеплесех каймаççĕ. Е хăйсем ваталмастпăр теççĕ-ши? Çулсем иртнĕçем ватлăх килетех, анчах шăпа тĕрлĕрен пулать çав. Ĕлĕк ватăсем пенси илмен пулсан та, ывăлĕ-хĕрĕсем хăйсен тивĕçне тӳрĕ кăмăлпа пурнăçланă. «Этемрен хăра, турăран хăра, çынран вăтан» текен принципа пурăннă. Ют пахчана панулми вăрлама кĕме те хăранă, «çын курмасан та, турă пĕлет, çылăх пулать», тесе хăрататчĕ пире анне. Çак сăмахсене маннă пулас Клавдия Петровнăн ачисемпе кинĕ. Паллах, критика хыççăн вĕсем те, кӳршисем те çакна кăра илĕç, ватă та чирлĕ карчăка хĕрхенĕç тесе шутлатпăр. К. П. Меньшова хăйĕн ачисене, хăй ватăлсан пăхса пурăнма, кил-çурта, хуçалăха юхăнтармасăр малалла аталантарма ĕмĕтленнĕ ĕнтĕ, çавăнпа вăй çитнĕ таран ырми-канми ĕçленĕ.

Ачасен хăйсен ашшĕ-амăшĕ умĕнчи парăма яланах туйса тăмалла. Пурте ваталатпăр, хамăр шăпа мĕнле пуласси пирки те çамрăклах шутламалла. Ун пек шăпа, тен, мана та кĕтет — çакăн пек шухăш канăç памасть. Çавăнпа хамăн хуйхăма хур кăтартман. Хама çуратнă аннене [illegible] пăхнă пек пăхса пурăнăç.

Г. АНИСОВА, 66 çулта.

Муркаш районĕ, Анчар ялĕ.

---

● *Хăй ĕçĕнче чăн ăста*

## ÇУЛНЕ КУРА МАР ПАТВАР

Г. Н. Николаев коммуниста Вăрмар районĕнчи ялсенче пĕлмен çын çук та пулĕ. Пур çĕре те çитме ĕлкĕрет вăл: обществăлла корреспондент пулнă май «Коммунизм ялавĕпе» районти «Хĕрлĕ Ялав» хаçатсем валли интереслĕ статьясем çырма материалсем пухать.

Ик-виçĕ кун каялла кăна Георгий Николаевич «Мусирминский» совхозри выльăх-чĕрлĕх ăстисем патĕнчеччĕ, халĕ ав, «Тегешевский» совхозри çамрăксен ĕçĕпе интересленет. Пысăк Енкассипе Арапуçĕнче те, Энĕшпуçĕпе Кивĕ Вăрмарта та час-часах курма пулать ăна. Ытти çĕре те çитет.

Ялсене час-часах тухса çӳренĕ май, нумай интереслĕ çынпа курса калаçма ĕлкĕрет Георгий Николаевич. Çавăнпа унăн статйисемпе заметкисем витĕмлĕ, ăнланмалла пулса тухаççĕ.

...Г. Николаев хăйĕн чи малтанхи çыравне район хаçачĕ валли 37 çул каярах çырнă. Çавăнтанпах ку хаçатпа çыхăну тытать вăл, тăтăшах çырать, хаçат редакцийĕ паракан заданисене вăхăтра та тӳрĕ кăмăлпа пурнăçлать. Унăн тĕрленчĕкĕсемпе очеркĕсене çынсем юратса вулаççĕ.

Георгий Николаевич хăйĕн статйисемпе тĕрленчĕкĕсене «Коммунизм ялавĕ» хаçатпа Чăвашрадио тата телевидени валли те тăтăшах парса тăрать. Ăнăçлă çырма ăна район пурнăçне лайăх пĕлсе тăни, çул çӳреме ӳркенменни пулăшать.

Г. Николаев çамрăк мар ĕнтĕ. Çак кунсенче 75 çул тултарчĕ. Аслă Отечественнăй вăрçа хутшăннă. Малтан действительнăй службăра пулнăскерне вăрçă тухсанах салтак тумĕ тăхăнтартнă. Вăрçа каякан эшелона тăшман самолечĕсем пырса тапăннă чухне нумайăшĕ çапăçу хирне çитмесĕрех çĕре кĕнĕ. Георгий Николаевич тăнсăр пулнипе — контузипе хăтăлса юлнă. Кăштах сывалсан, 1-мĕш Украина фронтĕнче телефонист-разведчик пулса çапăçнă.

Вăрçăран таврăнсан, пултарулăхне кура, районти физкультурăпа спорт комитечĕн председательне суйланă. Вуникĕ çул хушшинче сахал мар спортсмен пăхса çитĕнтернĕ вăл, тĕрлĕрен ăмăртусем ирттерсе çамрăксене физкультурăпа спорта юратма вĕрентнĕ. Ун хыççăн Вăрмарти колхоз пасарĕн директорĕ пулнă, тылай вăхăт хушши районти ДОСААФ организацине ертсе пынă. Ватăларахпа хăй çуралса ӳснĕ Эçпепе ялĕнче клуб заведующийĕнче ĕçленĕ.

Ялан халăх хушшинче пулни Георгий Николаевича çын чун-чĕрине лайăхрах курма, ăнланма вĕрентнĕ. Çакă ăна интереслĕ материалсем çырма пулăшать.

А. ХОВАНСКИЙ,
И. БОРИСКИН.



● Хаçатăн обществăлла корреспонденчĕ Г. Николаев.

В. Романов фотоӳкерчĕкĕ.

---

## ПРОФСОЮЗ ТĂРĂШНИПЕ

ЕЛЧĔК. Еçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ «Слава» колхозăн профсоюз комитечĕ ĕçсынниссен канăвне лайăх йĕркелеме тăрăшать.

Колхозниксен сывлăхне çирĕплетме кунта çулсерен укçа-тенкĕ нумай уйăраççĕ. Иртнĕ çул кăна санаторисемпе курортсенче тата кану çуртĕсенче производствăра малта пыракансем пурĕ 66 çын сывлăхне çирĕплетнĕ.

Ял çыннисем Тăван çĕршыв тăрăх курса çӳреме те кăмăлласçĕ. Иртнĕ çул тӳлевсĕр путевкăпа вунултă [illegible] историллĕ вырăнсемпе паллашнă, музейсене, выставкăсене çитсе курнă.

Г. РАХМУЛЛИН.

---

*Тăван ен*

## ПАЛТАЙ

САКАТ ялне XIV ĕмĕр вĕçĕнче Сăкăт ятлă вырăспа унăн чăваш арăмĕ пуçарнă. Каярахпа çак ял — Богородски, унтан — Палтай. Палтай теме юнашар икĕ ял пĕрлешнĕ хыççăн пуçланă. Унăн çыннисем Чирĕккассинче (Ядрино) пурăнакансемпе туслă пулнă. Пĕрне-пĕри пулăшса тăнă. Утă çулнă, тырă туса илнĕ, выльăх-чĕрлĕх тытнă. Чирĕккассинчи Ятри чăваш паянхи Етĕрне хули вырăнĕнче çĕнĕрен ял пуçарсан, виçĕ ял пĕрпĕрипе çыхăну тытнă. Чирĕккассипе Палтайра вулăс центрĕсем туса хунă. Иккĕшĕ те Шупашкар уесне кĕнĕ. Каярахпа Чирĕккасси вулăсĕ Етĕрне уесне куçнă. Палтай вулăсĕ Шупашкар уесĕнчех шутланнă. Пурпĕрех виçĕ ял туслăхĕ пĕтмен. Сăр юханшывĕн сылтăм енчи çыранĕнче вĕсен выльăх-чĕрлĕхĕ çӳренĕ.

1584 çулта Чулхулари Благовещени мăнастир çыннисем Ятри çĕнĕрен пуçарса янă ял çĕрне тытса илнĕ, хăйсене çав çĕр çинче ĕçлеттернĕ. Стрелецсем Етĕрне хула крепоçне çавăрма пуçласан, вĕсене те пулăшнă: юман касма вăрмана [illegible] сен мăнастирĕсене юхтарса кайнă. 1753 çулччен хулара 5 чиркӳ пулнă.

1621 çул хыççăн, Ятри йăхĕн çыннисене хăваласа ярсан, етĕрнесем Сăр тепĕр енчи çырана куç хывма пуçланă. Кунта Сăкăт (Палтай) çĕрĕсем пулнă. Вĕсен Çатра улăхĕ Сăр юханшывĕн чăнкă çыранĕ таранах тăсăлнă. Купцасем çапла ăнлантарнă: ĕлĕкрех Сăр юханшывĕ Сăкăт тавăйкки çумĕпе юхнă имĕш. Çак çарансем тавăйккине çитиччен хулая шутланса тăнă, хулара пурăнакансем унта выльăх-чĕрлĕх сӳретнĕ, тенĕ.

Хальхинче ял çыннисем купцасене хирĕç тăнă. Етĕрнесем Иккĕмĕш Кетерне патша патне хăйсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме хут тăратнă. Унта сылтăм çыран енчи çаранĕсене хăйсем майла туса пама ыйтнă. Хуравĕ çитнĕ... Хула халăхне хăйсен таврашĕнче сухаламалли çĕрсемпе, çулмалли улăх-саранпа, çывăхри вăрмансемпе пур енлĕн усă курма тата пур çук кӳллисемпе Сăр юханшывĕнче хăйсен чикки таран пулă тытма ирĕк панă. Анчах савăтсем [illegible] çĕрне, улăхпе-çаранне мар [illegible]

---

## Тăван сăмах, тăван культура

Сакăр çул вĕреннĕ эпĕ Тутар республикинчи Çĕпрел районне кĕрекен Чăваш Пасна капуçĕнчи шкулта. Питĕ юхăнса пырĕн шкул, унта вĕреннĕ чухнехи çулсене аса илсен [illegible]

«Эпир, Канаш районĕнчи «За коммунизм» совхозра ĕçлесе тивĕçлĕ канăва тухнă пĕччен пурăнакан пенсионер[illegible]

КПССăн «Партин хальхи условийĕсенчи наци политики» платформине пур çĕрте те анлăн сӳтсе яваççĕ. Унта çапла каланă йĕркесем пур: «На[illegible]

Канаш районĕнчи Ямаш[illegible]

тăн, сумкăра темĕн чухлĕ укça, инкек пуласран та пиклеветĕп.

Мăшăрăм 9 çул каялла сарăмсăр вилчĕ. Ачасем иккĕшĕ те пĕчĕкчĕ. Вĕсене киле хупса хăварса, çыхăну уйрăмне чупаттăм, чĕре вутри пек çунатчĕ.

Пенсие кайиччен тата 7 çулха, унччен ĕçлесе çитерĕп-ши? Çанталăк япăх чухне почта машини килмест, тепĕр куннe вара икĕ кунти хаçат-журнала çăклесе е çунашкăпа сĕтĕрсе килес пулать! Колхоз руководителĕсенчен транспорт ыйтсан: «Сапа уншăн укçа тӳлеççĕ», — теççĕ.

Çамрăк чухне мана çак ĕç

...сем суйлама кандидатсем тăратрĕç. Пирĕн патăрта ăна та сĕнĕлле тумарĕç. Халăха клубра пухмарĕç. Малтанхи пеккех фермăна, лаша витине кайнă та, унчченхи депутатсене хăвармалла, тенĕ. Мĕн тунă-ха вĕсем, кама пулăшнă, çав депутатсем?

Депутат тени, ман шутпа, халăхшăн ырми-канми тăрăшакан çын пулмалла, урăхла каласан — халăх тарçи. Халĕ вара пирĕ камсене сĕнеççĕ? Сасăлăпăр-ши эпир вĕсемшĕн?

**А. ШУРБИНА.**

Патăрьел районĕ,
Пăлапуç Нурăс ялĕ.

...пĕчĕкрен пахиншĕн парама юлмĕç, тесе.

Анчах халĕхи вăхăтра темĕн-çке ватăсене хисеплесси йăлара мар. Килте те, ялта та, çул çинче те çамрăксем: «Ваттисен ларасчĕ килте, вĕсен ĕçе тухмасан та юрать», тесе каланине час-часах илтме пулать. Халĕ ялта çамрăксем сахал, бригадăсенче пенсионерсем ĕçе тухмасан, 3—4 çын çеç уй-хир ĕçне хутшăнать. Вата çынсем кирек мĕнле ĕçе те тирпейлĕ те тĕплĕн тăваççĕ. Фермăсенче те ватăсем мĕн вăй çитнĕ таран тăрăшаççĕ. Пирĕн ялта ялхуçалăх кунĕ ячĕпе ирттернĕ

...тартин асран тухмасть: Вăл икĕ хĕр ӳстернĕ, пĕри Саратов облаçĕнче, тепри Волгоград облаçĕнче качча тухнă. Кĕçĕн хĕрĕ килне килнĕ те, йĕркеллĕ кил-çуртне суттарса, амăшне хăйпе илсе кайнă. Хĕл касси çĕре вара амăшне хăвалаcа кăлармa тытăннă, çуркунне ялалисене урама кăларса пенĕ те амăшне килне кĕртмен. Вара 82 çулхи карчăкăн кӳршĕре çĕр касма тивнĕ. Тепĕр кунне тăван яла таврăнать. Юрать-ха, кунта упăшкин шăллĕ ăна хăйĕн килне кĕртет.

Анчах ватă çын часах чирлесе ӳкет. Васкасах, машина

хуçалăха юхантармасăр малалла аталантарма ĕмĕтленнĕ ĕнтĕ, çавăнпа вăй çитнĕ таран ырми-канми ĕçленĕ.

Ачасен хăйсен ашшĕ-амăшĕ умĕнчи парăма лайăх туйса тăмалла. Пурте ватăлатпăр, хамăр шăпа мĕнле пуласси пирки те çамрăклах шутламалла. Ун пек шăпа, тен, мана та кĕтет — çакăн пек шухăш канăç паман. Çавăнпа хамăн хуплмапа хур кăтартман. Хăма çуратнă аннене мапан намакла кĕру пĕчĕк ачана пăхнă пек пăхса пурăнчĕç.

**Г. АНИСОВА,**
**66 çулта.**

Муркаш районĕ,
Апчар ялĕ.

...леме тăрăшать.

Колхозниксен сывлăхне çирĕплетме кунта çулсерен укçа-тенкĕ нумай уйăраççĕ. Иртнĕ çул кăна санаторисемпе курортсенче тата кану çурчĕсенче производствăра малта пыракансем пурĕ 66 çын сывлăхне çирĕплетнĕ.

Ял çыннисем Тăван çĕршыв тăрăх курса çӳреме те кăмăллаççĕ. Иртнĕ çул тӳлевсĕр путевкăпа вунултă çын çулçӳреве кайса килнĕ, историллĕ вырăнсемпе паллашнă, музейсене, выставкăсене çитсе курнă.

**Г. РАХМУЛЛИН.**

Кайрахпа çак ял — Богородски, унтан — Палтай. Палтай теме юнашар икĕ ял пĕрлешнĕ хыççăн пуçлана. Унăн çыннисем Чирĕккассинче (Ядрино) пурăнакансемпе туслă пулна. Пĕрне-пĕри пулăшса тăнă. Утă çулнă, тырă туса илнĕ, выльăх-чĕрлĕх тытнă. Чирĕккассинчи Ятри чăваш паянхи Етĕрне хули вырăнĕнче çĕнĕрен ял пуçарсан, виçĕ ял пĕрпĕринпе çыхăну тытнă. Чирĕккассипе Палтайра вулăс пенсисем туса... Шупашкар уесне кĕнĕ. Каярахпа Чирĕккасси вулăсĕ Етĕрне уесне куçнă. Палтай вулăсĕ Шупашкар уесĕнчех шутланнă. Пурпĕрех виçĕ ял туслăхĕ пĕтмен. Сăр юханшывĕн сылтăм енчи çыранĕнче вĕсен выльăх-чĕрлĕхĕ çӳренĕ.

1584 çулта Чулхулари Благовещени мăнастир çыннисем Ятри çĕнĕрен пуçарса янă ял çĕрне тытса илнĕ, хăйсене çав çĕр çинче ĕçлеттернĕ. Стрелецсем Етĕрне хула крепоçне çавăрма пуçласан, вĕсене те пулăшнă: юман касма вăрмана кайнă. Лешсем те, кунта вырнаçсан, чăваш çыннисем мăнастир тытса илнĕ çĕре каялла тавăрасшăн пулса хирĕçӳ пуçлансан, унта хутшăннă. Вăл 1590 çултан пуçланса 1621 çулччен тăсăлнă. Ĕç-пуç чăваш ял çыннисене Сăр юханшывĕн сылтăм енне хăваласа янипе вĕçленнĕ. Чирĕккассипе Сăкăт çыннисене те ыр шăпа кĕтмен. Чулхула çывăхĕнчи Амвросиев Дудин мăнастир Выл юханшывĕн сулахай енчи Янăм, Мучар, Асламас çĕрĕсене туртса илнĕ. 1680 çулта Никольски Выла (Чаканар) ялне тытса илнĕ, çав çĕр çинче пуçарнă. 1760 çул тĕлне Етĕрне уесĕ Улатăр провинцине кĕнĕ. Улатăр провинцийĕ — Чулхула кĕпĕрнине. Мăнастирсемпе купцасем ыр лăхĕ хресченсене куççулĕ çеç тăктарнă.

Сăр юханшывĕ виçĕ-тăватă ĕмĕр каяллах алхаснă. Кашни çул вăл Етĕрне çĕрĕсене ишнĕ. Хулан кивĕ пайне, пахчасемпе пĕрле, арçынсен тата хĕрарăм-

...чиркӳ пулнă.

1621 çул хыççăн, Ятри вăхĕн çыннисене хăваласа ярсан, етĕрнесем Сăр тепĕр енчи çырана куç хывма пуçлана. Кунта Сăкăт (Палтай) çĕрĕсем пулнă. Вĕсен Çатра улăхĕ Сăр юханшывĕн чăнкă çыранĕ таранах тăсăлнă. Купцасем çапла аплантарнă: ĕлĕкрех Сăр юханшывĕ Сăкăт тăвăйкки çумĕпе юхнă имĕш. Çак çаран... сем тăвăйккине çитиччен хулан шутланĕ тăнă, хулара пурăнакансем унта выльăх-чĕрлĕх çӳретнĕ, тенĕ.

Хальхинче ял çыннисем купцасене хирĕç тăнă. Етĕрнесем Иккĕмĕш Кĕтерне патша патне хăйсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме хут тăратнă. Унта сылтăм çыран енчи çырансене хăйсем майлă туса пама ыйтнă. Хуравĕ çитнĕ... Хула халăхне хăйсен таврашĕнче сухаламалли çĕрсемпе, çулмалли улăх-çаранпа, çывăхри вăрмансемпе пур енлĕн усă курма тата пур-çук куллисемпе Сăр юханшывĕнче хăйсен чикки таран пулă тытма ирĕк панă. Анчах сăкăтсен çĕрне, улăхпе-çаранне мар. Асăннă ирĕке Пугачев ертсе пынă хресчен вăрçине путарнăшăн Иккĕмĕш Кĕтерне патша хула халăхне мухтав хучĕпе пĕрле ярса панă.

Ĕлĕкхи чăваш ялĕсен культурине, ăс-хакăлне сăнакансем Палтай тăрăхĕ пирки çапла çырса хăварнă: сăкăтсем тĕн йăлипе уявсем ирттернĕ. Çак уяв кунĕсенче вĕсем виçĕ вырăнта — Кăкшăм (Кукшин), Сăкăт тата Атликасси ялĕ пулас вырăнти уйсенчи улăп тăприсене тирпейленĕ. Çакнашкал археологи палăкĕсем пуррине халь пурăнакан халăх та пĕлет.

Авалах сăпайлăхĕпе палăрнă Палтай вулăсĕнчи ялсем (1917 çулта 30 ял шутланнă) хальхи вăхăтра «Заветы Ильича», Тимирязев ячĕпе хисепленекен тата «Ленинская искра» колхозсене кĕреççĕ.

**А. ТРОФИМОВ,**
**тăванъен тĕпчевçи.**

Етĕрне районĕ,
Мăн Явăш ялĕ.

## Тăван сăмах, тăван культура

Сакăр çул вĕреннĕ эпĕ Тутар республикинчи Çĕпрел районне кĕрекен Чăваш Паснапусĕнчи шкулта. Питĕ юханнă пирĕн шкул, унта вĕреннĕ чухнехи çулсене аса илсен, сисмесĕрех куççем шывланнине туятăп.

Учительсем çитмеççĕ. Ачасен тин кăна вăтам шкултан вĕренсе тухнă çамрăксен ĕçĕпех çырлахма тивет. Кашни çулах улшăнса тăракан вĕрентекенсем шкул ачисене тарăн пĕлӳ параймаççĕ. Манăн тăван шкулăмра чăвашсем çеç вĕренеççĕ пулин те, чăваш чĕлхипе литературине вĕрентекен аслă пĕлӳллĕ çын çук.

Эпир, чăвашсем, хамăр тăрăшмасан, пире никам та турилкке çине хурса памĕ. Чăваш чĕлхипе литература учителĕсене хамăр йышра ӳстермелле пирĕн! Мĕншĕн эпир тăван чĕлхе çепĕçлĕхне, илемлĕхне, вăрттăнлăхĕсене туйса ӳсейместпĕр! Мĕншĕн тутарсем пуçламăш классенчех хăйсен тăван чĕлхипе вĕренме пултараççĕ!

Илсе пăхар-ха районти çутĕç пайĕнче ĕçлекенсене. Ытларахăшĕ тутарсем. Вĕсене чăваш чĕлхине вĕрентекенсем çукки сахал интереслентерет, çавăнпах-и, тен, чăваш шкулĕсем çине çителĕклĕ пăхасшăн мар. Пирĕн хамăрăн вăтам шкултан вĕренсе тухакан çамрăксенчен чăваш чĕлхипе литература учителĕсем хатĕрлемелле. Кунта чăрмавĕ те пур. Шкулта чăваш чĕлхине тĕплĕн вĕренеймесен, аслă шкула та кĕме йывăр. Шупашкарти университет Тутар республикине чăваш чĕлхипе литература учителĕсене ĕçлеме яма пултарать. Акă еплерех хурав пачĕ мана çак ыйту çине университетри историпе филологи факультечĕн деканĕ И. А. Андреев профессор: «Тĕрĕс, университетри чăваш уйрăмĕнчен вĕренсе тухакансене эпир чăваш шкулĕсене ĕçлеме яратпăр. Вĕсем çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенчи чăваш шкулĕсенче вĕрентеççĕ. Анчах Тутар республики пирĕнтен чăваш чĕлхипе специалистсем ыйтса хут яман».

Чăваш чĕлхипе литература учителĕсем çеç мар, чăваш журналисчĕсем те çук пирĕн. Республикăри нумай районта хаçатсем икĕ чĕлхепе: тутар тата чăваш, чăваш тата вырăс чĕлхипе тухаççĕ. Редакцисенче ятарлă пĕлӳ илнĕ çынсем ĕçлемеççĕ.

**И. МИШКИНА.**

Тутар АССРĕ,
Çĕпрел районĕ,
Чăваш Паснапуç ялĕ.

●

*«Эпир, Канаш районĕнчи «За коммунизм» совхозра ĕçлесе тивеçлĕ канăва тухнă пĕччен пурăнакан пенсионеркăсем, Чăваш академи драма театрĕн режиссерĕн В. Н. Яковлеван юбилей кăçне телевизорпа пăхса савăнтăмăр. Вăл унта пĕр илемлĕ юрă юрларĕ. Кĕвви чуна тыткăнларĕ, вăрçă çулĕсенче иртнĕ çамрăклăха аса илтерчĕ. Çамрăк мар пулин те, çавăн пек передачăсене килĕштеретпĕр. Çав юрăн сăмахĕсене «Коммунизм ялавĕнче» кăларăймăр-ши?» — çырнă редакцие юлташĕсем ыйтнипе А. Иванова.*

*Çырупа В. Яковлева паллаштартăмăр. Юрă сăмахĕсене хавасах тупса пачĕ вăл. Сăмах май, ăна «Чăваш халăх сăмахлăхĕ» кĕнекен IV-мĕш «Юрăсем» ятлă томĕнче, 379-мĕш страницăра пичетленĕ.*

*Хисеплĕ А. Иванова! Акă, эсир ыйтнă юррăн сăмахĕсем:*

Çуркуннехи аслă вăрман
Симĕс чĕрĕлет,
Ашă çилĕ вĕрнипеле
Лăпкăн хумханать.
Аслă вăрман хĕррипеле
Сарă хĕр утать,
Шур çеçкеллĕ çĕмĕрт çине
Тинкерсе пăхать.
«Ма пĕччен эс, пике-хĕрăм,
Ма кунта çӳрен?
Шур çеçкеллĕ çĕмĕрт çине
Ма чунтан пăхан?
Шурă çĕмĕрт сапакине
Татас терĕн-им?
Ху юратнă савнă тусна
Парас терĕн-им?»
«Эп савнине ăсатрăм
Çак уçланкăра,
Çуркуннехи çĕмĕрт çеçке
Çурнă вăхăтра».

●

Эпĕ чăваш. Аслă Таяпа ялĕнче пурăнатăп. Унтах ĕçлетĕп.

Пĕррехинче аттепе аннене вырăсла каласса кăтартрăм. Вĕсем савăнсах кайрĕç. Мана мухтаса çупăрларĕç. «Вĕрен, вĕренни вăл çутă, вĕренменни тĕттĕм, чĕр нуша. Вĕренни пурнăçра ялан кирлĕ пулать», — терĕ анне.

Чăнах та, вырăсла каласма пĕлни лайăх. Анчах тăван чĕлхене те манса каймалла мар. «Тăван чĕлхе вăл — ӳсĕм çăлкуçĕ» — тетпĕр, тăван амăшĕ сĕчĕпе ӳснĕ ачаран ырă та ĕçчен çын пулса ӳсессе шанса. Ачасене усала, начара вĕрентмелле мар, киревсĕр йăпа-йĕркене хăнăхтарса пымалла мар. Ăна çийĕнчех пăрахăçламалла.

Анчах та тӳнтерле хăтланакансем те пур-ха.

КПССăн «Партин хальхи условийĕсенчи наци политики» платформине пур çĕрте те анлăн сӳтсе яваççĕ. Унта çапла каланă йĕркесем пур: «Наци культурине тата чĕлхине ирĕклĕн аталантармалли условисем туса памалла». Урăхла каласан, хамăр культурăпа чĕлхене аталантарасси хамăртан килет. Ман шутпа, чĕлхе пĕтсен, наци те пĕтет. Чĕлхене аталантарсан, наци культури те аталанать.

**Е. ШУРКИНА.**

Елчĕк районĕ,
Аслă Таяпа ялĕ.

●

*Юлташпа каласса ларнă чухне пĕр ыйту тухса тăчĕ. Шкулта вĕрентекенсем, уроксене хатĕрленнĕ май, тĕрлĕрен вĕрентӳ пособийĕсемпе усă кураççĕ. Калăпăр, химипе вĕрентекен «Химия в школе», математиксем — «Математика в школе» тата ыт. те. Çавăн йышши журналсем кашни уйăхрах тухса тăраççĕ. Вĕсем учителе кирек хăш вăхăтра та пысăк пулăшу параççĕ. Вĕрентекен кружока, факультативсене, урока çак журналсемпе анлăн усă курса хатĕрленет. Вулакансенчен чылайăшĕ кружока е факультативсене ертсе пыма ятарлă кĕнекесем пур теме пăхĕç. Чăнах та, ку çапла. Анчах «Математика в школе», «Русский язык и литература в школе» журналсемпе ятарлă кĕнекесене танлаштарма çук-çке. Кĕнекере çырни кивелме пултарать. Ăна тӳрлетсе тепĕр хут кĕнеке кăларас тесен, нумай вăхăт иртнĕ пулĕччĕ.*

*Журнал кашни уйăхра тухса тăрать. Мĕншĕн-ха çакнашкал журнал чăваш чĕлхипе литература предмечĕпе çук? I — XI классем валли кăтарту пособийĕ пулсан, питĕ лайăх ĕнтĕ. Уроксене тĕрлĕ мелпе ирттерме пулать. Пĕрпĕрин опычĕпе паллашма май тупăнать. Ку журналта халăх культурин ыйтăвĕсене те хускатма юрать. Пирĕнтен нумайăшĕ чăваш тĕррисене пĕлмест. Мĕншĕн-ха шкулсенче тăван чĕлхепе литературăпа вĕрентекенĕн вĕсене кружоксенче кăтартас мар?*

*Эпĕ те, манăн юлташсем те Чăваш патшалăх университетĕнче вĕренетпĕр. Пирĕн те шкулсене каймалла пулать. Эпир вĕренсе тухнă çĕре çакăн пек журнал тухасса тата вăл шкул ачисемшĕн те, вĕрентекенсемшĕн те кĕтнĕ журнал пуласса шанас килет.*

**К. ЯКОВЛЕВА,**
студентка.

Канаш районĕнчи Ямашра çуралса ӳснĕ Светлана Белова мĕн пĕчĕкрен шурă халатлă çынсен ĕçне кăмăлланă. Амăшĕ те, Елена Федотовна, 28 çул участок больницинче ĕçлет. Светлана 8 класс вĕренсе пĕтерсен Канашри медицина училищине вĕренме кĕнĕ. Ăна лайăх паллăсемпе вĕçленĕ хыççăн, республикăри кардиологи диспансерне кайнă. Ырă кăмăллă, ыттисене ялан пулăшма хатĕр медицина сестрине пĕрле ĕçлекенсем те, чирлисем те хисеплеççĕ.

● С. Белова.

М. Воробьев
фотоӳкерчĕкĕ.

Астăвăм

## АЙĂПСĂР АЧАСЕМ

ÇĔРШЫВРА коллективизаци саралса пынă вăхăтра пирĕн ял, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Туппай Есмĕл, виçĕ ушкăна пайланнăччĕ. 120 хресчен хуçалăхĕнчен 25-шĕ — коммунăна, 35-шĕ колхоза пĕрлешнĕччĕ, 60-шĕ пĕччен хуçалăхра юлнăччĕ. Кулаксене пĕтерес юхăм саралнăччĕ. Эпĕ ун чухне пуçламăш шкулта вĕренеттĕм. Астăватăп, кулак тесе тăватă хуçалăх пурлăхне туртса илнĕччĕ. Унашкаллисене ытти çĕрте Çĕпĕре хăваласа янă тенине илтнĕ. Анчах пирĕн ялтан никама та яман. Урăх çын вăйĕпе усă курса пысăк мул пухнă пуянсем пулман. Вĕсем, ытти хуçалăхсемпе танлаштарсан, паллах, çирĕпрехчĕ. Çитĕннисем те, ачи-пăчи те халиччен хи пекех пĕр-пĕринпе хутшăнса пурăннă. Анчах, хамăр хушăра хирĕçӳ тухсан, часчасах пĕрле вылякан, пĕрле вĕренекен, пĕр-пĕрин патне куллен кайса çӳрекен ачасенех: «Кулак, кулак», — тесе кӳрентерме пăхаттăмăр.

Кунта эпĕ кулаксен шутне кĕртнĕ пĕр хуçалăх пирки чарăнса тăрасшăн. Пирĕнпе юнашар пурăнакан Василий Григорьевич Ситковăн пысăк çурт пулнă. Çĕнĕрен çурт çавăрма икĕ пура ларатчĕ, кимакалăх кирпĕч хатĕрленĕччĕ. Пĕр лаша кăначчĕ. Ялти ватăсем колхозри «Вожак» çӳрен лашана астăваççĕ пулĕ-ха, вăл Ситковсен пулнă. Çемйинче ашшĕне амăшĕсĕр пуçне ĕçе юрăхсăр 2 ватă тата 9 ачаччĕ. Аслă хĕрĕсем, çитĕнсе пынă май, пĕрин хыççăн тепри качча тухрĕç. Сапран питĕ чиперччĕ вĕсем. Ку килйышра пурин те алăра ĕç вĕренĕ. Майпа пĕрле ӳсcе вĕреннĕ ачине ахальтен мар Чĕр Иван тетчĕç.

МĔНЛЕ пурăннă-ха ситковсем каярахпа? Колхоза кĕнĕ. Васçа пиччe аптека управленийĕпе договор туса сиплĕ курăк пухнă.

Вăтăрмĕш çулсен варринче, Канашпа Шупашкар хушшинче чугун çул тунă чух, Арсентий Ситковпа Иван Одинцов пуринчен те лайăх ĕçленĕ. Арсентий — Васçа пиччесен аслă ывăлĕ. Ялти пухура Арсентине ял Совечĕпе милицине пулăшма уполномоченнăя суйларĕç. Васçа Мастьянов тимĕрçĕ каланине астăватăп. Вăл: «Арсенти шанчăклă çын», — терĕ. Халăх пĕр кăмăллă пулса йышăнчĕ.

Анчах та пурнăç çулĕ такăр мар çав. Ахăрсамана текен пăтравлă та хăрушă кунсем çитсе тухрĕç. Ватă çынсене пĕрин хыççăн теприне тытса кайрĕç. Çынсене хирĕçле киревсĕр мĕнле ĕç тупă-ха вĕсем? Тĕлĕнеттĕмĕр. Паллах, вĕсене шелленĕ, хӳтĕлеме вара пултарайман. Ун чухне ытлашши сăмах каласран каппи хăранă. Никамăн та хăй ирĕкĕпе пуçа майкăча чикес килмен. Васçа пиччене те тытса кайрĕç. Акă, пумаях пулмасть, Йĕпреç поселокĕнче пурăнакан, унччен хамăр ял çынни пулнă Леонид Иванович Иванов хăйĕн ашшĕ — Иван Ситков Колыма лагерĕнче çĕре кĕни çинчен официаллă документ илчĕ. Унта ашшĕ айăпсăр пулнине каланă.

МАЛАРАХ асăннăччĕ ĕнтĕ, Ситковсен хĕрĕсем пурте мăшăрпа пурăнаççĕ. Сиккер кунсенче ытти пилĕк ачи те Çĕпĕре çакланчĕ. Вĕсем пурте ял кĕтĕвне кĕтетчĕç. Пĕрре çуллахи кун яла, милиционерсем ларнă грузовик килсе, Ситковсен умĕнче чарăнчĕ. Усал хыпар утпа çӳрет, теççĕ. Тем хушăра урама ял халăхĕ пуханчĕ. Çум çумлакан хĕрарăмсем те ĕçе пăрахсах ялалла васкарĕç. Кăнтăр кунĕнчех ял кĕтĕвĕ кĕрлесе кĕчĕ. Милиционерсем кĕтӳçсене тытса кайрĕç. Тăватă çулхи Нюрка, инкеке сиссе, çынсем хушшипе пытанчĕ, çăланăç шырарĕ. Пĕр инке ăна кӳршĕ кил хушшине илсе кĕчĕ. Анчах чунсăрсем ăна тытса путеке ыватнă евĕр грузовик çине печĕç. Çапла 19 çулхи Арсентие, 14 çулхи Ивана, 12 çулхи Иллене, 9 çулхи Çемене тата пĕчĕк Нюркăна Казахстана ссылкăна ăсатрĕç.

Амăшĕ ăçта? Ачисене илсе кайнă кун вăл кӳршĕ ялта пулнă. Тĕпренчĕкĕсене тавăрма мар, вĕсем патне каймa та чарнă ăна. Ухçине инке пĕррехинче ачисем патне хăй ирĕкĕпе кайма тухнă, хĕрарăма Тĕрлемес станцийĕнчен каялла çавăрнă, тĕрмене хупассипе хăратнă.

Арсенти амăшĕпе ачисем уйрăм пурăннипе килĕшмен. Ссылкăран тухса тарса амăшĕ патне çул тытнă. Анчах çитеймен. Çул çинчех тытса, дезертир тесе хупса лартнă. Йĕкĕтĕн çамрăк ĕмĕрĕ унтах татăлнă.

ÇУЛСЕМ иртнĕ, ачасем çитĕннĕ. Ивана, Казахстанра ĕçлекен чăваша, службăна илнĕ. Кĕçĕн командирсен курсĕнчен вĕренсе тухса вăрçа кĕнĕ вăл. Каярахпа тăван ялта ферма заведующийĕнче ĕçленĕ. Унăн ĕмĕрĕ те вăхăтсăр татăлнă.

Илле — Çурçĕр летчикĕ пулнă. Отставкăри майор Илья Васильевич Ситков халĕ Крымра пурăнать.

Ссылкăри вунă çул хыççăн, вăрçă пĕтсен, Çемен киле таврăннă. Службăра пулнă. Халĕ тивĕçлĕ канура. Яланах ĕçре вăл.

Нюрка тăван амăшне кураймарĕ. Чире пула иçетри Казахстанрах выртса юлнă.

Пирĕн ялта вăрçăра вилнисене асăнса обелиск лартнă. Ман шутпа, Сталин лагерĕсенче пурнăçне татнă айăпсăр çынсене асра тытмашкăн та палăк уçмалла. Ыттисемпе пĕрле ун çине пилĕк çулхи Нюрка Ситкова ятне те кĕртмеллех.

**А. ОДИНЦОВ,**
обществăлла корреспондент.

*Пирĕн календарь*

# ЧУН ТИВĔÇĔ



Кăçалхи кăрлач пуçламăшĕнче Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ Аристарх Иванович Дмитриев писатель аллă çул тултарчĕ.

1940 çулхи январĕн 3-мĕшĕнче служащи çемйинче çуралнăскер, кĕçĕн ачалăхне Етĕрне районĕнчи Улăх-Шаматра — чăваш ялĕнче — ирттернĕ пулин те, амăшĕ вырăс пулнăран, Аристарх пĕчĕкрен вырăсла калаçма хăнăхнă. Чăвашла вара, ашшĕ вăрçă хирĕнче паттăрла пуçне хунă хыççăн амăшĕпе пĕрле ашшĕн тăван ялне, Çĕрпӳ районĕнчи Янтуша, асламăшĕ патне куçсан вĕренме тивнĕ.

А. Дмитриевпа эпĕ 1957 çулта Шупашкарти 11-мĕш техучилищĕре (халĕ 1-мĕш СПТУ) паллашнă. Çулталанăк сурăран эпир слесарь-сантехниксем пулса тухрăмăр. Училищĕре вĕреннĕ чухне А. Дмитриев сăвăсем çыратчĕ, стена хаçачĕ кăларатчĕ. Пире вырăсла вĕрентнĕрен, хаçатне те вырăсла кăларнă, савăнпа Аристарх чăвашла та çырнине ун чухне пĕлмен. Тĕрĕссипе, Янтуш шкулĕнче вĕреннĕ чухнех ик чĕлхепе те, сăвăсем хайланă вăл. Çакна унăн сăввисем «Ялав» журналпа «Çамрăк коммунист» хаçатра пичетленме пуçласан пĕлтĕмĕр. Вырăсла сăввисем «Молодой коммунистпа», «Советская Чувашия» хаçатсенче тухатчĕç. Унăн пултарулăхĕ икĕ чĕлхепе те аталанса пычĕ. «Ялав» журналăн 1959 çулхи 1-мĕш номерĕнче Аристархăн «Савнисем» поэми пичетленсе тухрĕ. Вăл вăхăтра Дмитриевсем татах пулнăран, Дмитриевский тесе сыртарнăччĕ вăл.

Училище хыççăн А. Дмитриев нумай ĕçлеймерĕ стройкăра, кĕçех ăна Çурçĕр тинĕс-çар Флотне илчĕç. Унтан таврăнсан, Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче слесарьте ĕçлерĕ. Кайран икĕ çул хушши — «Молодой коммунист» хаçат редакцийĕнче литсотрудник. Çакăнтан пуçласа, хăйĕн нумай ... тĕппипех литературăпа çыхăнтарать. Чăваш АССР Писательсен союзĕ ăна Мускаври Литинститута вĕренме ярать. Икĕ çул хыççăн А. Дмитриев заочно вĕренме тытăнать, çавна май каллех «Молодой коммунист» хаçатра пай пуçлăхĕ тата ответлă секретарь пулса ĕçлет. А. Пономаревпа тата В. Мурашковскипе пĕрле хаçат сумĕнчи «Парус» литпĕрлешĕвĕ йĕркелет тата ертсе пырать. Ку литпĕрлешӳрен В. Долгов, В. Захаров, В. Ильина писательсем тухаççĕ. Литинститут пĕтерне хыççăн сичĕ çул хушши Чăваш кĕнеке издательствинче редактор, редакцисен заведующийĕ, тĕп редактор пулса ĕçлет. Унтан тăхăр çул хушши — «Советская Чувашия» хаçатра культура пайĕн пуçлăхĕ тата редактор заместителĕ. 1984 çултанпа А. Дмитриев «Ялав» журналăн ответлă секретарĕ.

60-мĕш çулсенче А. Дмитриев сăввисемпе калавĕсем республика хаçачĕсемпе журналĕсенче тăтăшах пичетленетчĕç. Ĕçтешĕсемпе критиксем вĕсене пысăка хурса хаклатчĕç. Кусемсĕр пуçне, 1964 çулта тухнă «Çеçпĕл çеçкисем» коллективлă сборникра сичĕ сăвă, 1967 çулта тухнă «Парус» сборникра «Ложкарь» калав, 1968 çулта «Молодой коммунист» хаçатра «Травушка-муравушка» повесть пичетленнĕ. 1969 çулта Чăваш кĕнеке издательствинче А. Дмитриевăн «Горит звезда «Вега» ятлă пĕрремĕш кĕнеки тухать.

Çапла пĕр вăхăтрах чăвашла та, вырăсла та пичетлесе пыни А. Дмитриевăн литературăри малашнехи кунçулне палăртать. 70-мĕш çулсенче вăл куçару ĕçне кӳлĕнет. Чун тивĕçĕ — кашнин хăйĕн, теççĕ халăхра. А. Дмитриев та чăваш литературипе культурине çĕршыв умне кăларас, çавăн пекех ытти халăхсен литературине чăваш халăхĕ патне çитерес тĕллеве малти вырăна лартать. Хăйĕн пысăк тивĕçне куçару ĕçĕнче тупать. А. Дмитриев. Паян вăл чăваш писателĕсем хушшинче паллă куçаруçă шутланать. Вăл поэзие те, прозăна та пысăк пултарулăхпа куçарать. Çеçпĕл, Хусанкай, Ухсай, Кăлкан, Агивер, Айташ, Афанасьев, Лукин сăввисемпе поэмисене, Уяр, Ухли, Турхан, Краснов калавĕсемпе романĕсене вырăсла куçарнă. Чи паллисенчен Я. Ухсайăн «Ирхи çăлтăр» поэмипе «Тутимĕр» трагедине, П. Афанасьевăн «Сан ятупа» драмипе «Хĕвел хапхи» поэмине, Х. Уярăн «Аста эсĕ, тинĕс?» калавне, В. Ухлин «Вăл тăлăх мар» повеçне, К. Турханăн «Сĕве Атăла юхса кĕрет» романне, Г. Красновăн «Кĕвĕçекене кĕве çисет» романне, Н. Терентьевăн «Пушар лаши» трагикомедине асăнмалла. Куçарусем вырăнти тата Мускаври издательствăсенче пичетленсе тухаççĕ. Вырăсларан вăл Лермонтов, Есенин, Полонский т. ыт. сăввисене куçарнă. К. Турханăн асăннă романне куçарнăшăн ăна Чăваш АССРĕн К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен государство премине панă.

А. Дмитриев 1982 çултанпа СССР Писательсен союзĕнче тăрать. Куçарусемпе çеç çырлахмасть, сахал пулин те, çĕнĕ произведенисем те çырать. Кăçал, акă, «Ялав» журналăн 1-мĕш номерĕнче унăн «Хурсем» калавĕ пичетленчĕ. Лирикăлла ăшă туйăм та, тарăхуллă кӳренӳ те çуратать вăл вулаканăн ăшĕнче. Çакна ăнланмалла та, мĕншĕн тесен тарăн лирикăлăхпа çивĕч публицистикăлăх яланах юнашар тăнă авторăн пултарулăхĕнче, хăйне евĕрлĕ стиль теме юрать ăна. Калава вуласан, никам та вăхăта ахаллех ирттертĕм темĕ, кăмăлĕ вара кашнинех çемçелĕ.

Чылай çул ĕнтĕ А. Дмитриев Писательсен союзĕ сумĕнчи куçарусăсен секцине ертсе пырать, Литфонд правленийĕн членĕ. 1987 çулта ăна Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕн ятне панă.

Михаил СТАВСКИЙ.

---

# ЫЛТĂН ЧИРĔ

Совет парламентĕнчи черетлĕ, тепĕр чухне вара хĕрӳленсех çитекен тавлашăва хутшăнакансем, паллах, тепĕр пĕрлешĕве — черет текен ушкăна пĕрлешнĕ, пĕр-пĕрне халиччен курман пиншер çын та çав ыйтăва хĕрсе кайсах сӳтсе явнине асне те илме пултарайман. Çул урлă çеç каçмалла. Чăнах та, «çулĕ» ку — Хĕрлĕ площадь...

Мĕн тăван, тавлашакан икĕ зала, тĕрĕссипе, нимех те çыхăнтарман. Верховнăй Советра пĕр тема — хаксем, пурнăç хакĕ пĕр вĕççĕр ӳснĕçемĕн ӳссе пыни, чуна тарăхтаракан дефицит çинчен калакан ыйту кун йĕркинчен кайма пĕлмерĕ. Ку хутĕнче акă ыйтăва кăштах урăхларах лартрĕç: вăхăтлăха та пулин куллен кирлĕ таварсен хакне ӳстерме чарăнмалла, анчах вĕсемсĕрех пурăнма пултаракан таварсем те пур вĕт-ха, — вĕсене вара мĕншĕн рынок стихийинчен упраса тăмалла? Вĕсен хакĕсене мĕншĕн ӳстермелле мар?

Чăнах та, этем пурнăçĕшĕн питех кирлĕ мар япаласен шутне малтанласа сăрапа тата пируссене кĕртрĕç. Ыйтăвĕ тавлашуллах пулĕ çав. Анчах, ман шутпа, татса пама пулать: çак изделисен сĕнĕ, лайăхлатнă сорчĕсене кăларма тытăн — ун чухне вара хакне ӳстерме те юрать. Кашниех хăй мĕн юратнишĕн укçа пуррине кура тӳлеме пултартăр. Государство «кĕсъи» те кăштах хулăнланнă пулĕччĕ. Анчах ун патнех çитмерĕç. Чи кĕтменни — вăл капăрлатмалли япаласен — ювелир изделийĕсен хакĕсене ӳстерес ыйтупа пĕр шухăш патне пырса тухаймани пулчĕ пулĕ. Кирек мĕнле пулсан та, вĕсенчен хăшĕн-пĕрин хакĕсене ӳстерес пирки.

Юлашкинчен вара кăштах, мăшăрлану çĕррисем пирки те пулин шухăшласа пăхма йышăнчĕç. Верховнăй Советра пукунашкалли тăтăшах тĕл пулать. Тепĕр «дискусси залĕнче» вара, хирĕç çуртринче, вăраха ямалла юрамасть. Кунта йăлтах çийĕнчех татса параççĕ. Çак çурта ăнсăртран лекрĕм, тесен те юрать — СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнчен таврăнаттăм. Тахçантанпах пулманччĕ ГУМра, çавăнпа та халăх çуккинчен, ячĕшĕн çеç суллансаласа çӳрекен туянакансенчен тĕлĕнтĕм. Пĕтĕмĕшле каласан, пĕр интерес та çук вĕсем валли кунта. Сасартăк чи варринче тем вăрăмăш черет çелен пек явкаланса тăни куç тĕлне пулчĕ. Мĕн туянмалла?

Ылтăн.

Анчах ылтăнĕ юлманччĕ ĕнтĕ. Капăрлатмалли ансат теттесем çеçчĕ. Анчах пĕри те пăрăнса утмасть. Милиционер сыхлакан суту-илӳ залĕ патнелле çĕрлехи черете магазин уçăлас умĕн ирпе ирех тăнисем çывхарса пыратчĕç...

### *Эсир мĕнле шутлатăр?*

Вĕсен пĕр тĕллев — кирек мĕн пултăр, пурпĕрех туянас. Кирек мĕнле хаклă изделие. Хакне çухатса, йӳнелсе пыракан укçана çеç япалана куçарас. Çакă — шăппăн шăвакан хĕрӳленсе çитнĕ «дискуссири» тĕп сăлтав...

Ювелир изделийĕсене урмăшса кайса туяннине хăйне майлă ăнланма пулать: инфляци. Кăлпассипе тула тухсан шăлăнмалли хут хыççăн ахаль кĕленче стакансем те магазинсен сентрисем çинчен çухалма пуçланă чухне бриллиантсемпе ылтăн тăрса юлма пултараççĕ-иха? «Укçăрсене перекет кассинче упрăр!» текен лозунг çынсенчен кулнăнах туйăнать. Вĕсене ним туянма çуккипе çеç упраççĕ.

Çапла вара укçана япалана куçараççĕ те. Пилĕкçуллăхăн виçĕ çулĕнче Россия Федерацийĕн суту-илĕвĕнче ювелир изделийĕсене кăна 1,4 хут ытларах сутнă. Кунта çителĕксĕр таварсемпе мĕнле пулнă, çавăн пекех пулса тухнă: туянакансен ĕмĕтсĕр кăмăлне суту-илӳ запасри тавар шучĕпе тивĕçтерет. Халех виç пайĕнчен пĕр пайĕ чакнă вĕсем. Урăхла каласан, кăçалхи çул пуçланнă тĕле çав запассен калăпăшĕ кирлинчен икçĕр миллион тенкĕлĕх сахалрах пулнă. Çур çул хушшинче вара — 1988 çулхи çав тапхăртипе танлаштарсан — черетсен ĕмĕтсĕр «çĕлĕнĕсем» ювелир таварĕсене кăна 45 процент ытларах сăтса янă.

Малалла мĕн? Хальхи пекех, анчах кăштах япăхрах. Статистиксем халех Российăри автономиллĕ республикăсен столицисенчен, крайсемпе область центрĕсенчен ытларахăшĕнче хаклă япаласемшĕн «вылăх» пулнине палăртнă. Сăмахран, Мускав магазинĕсенче мăшăрлану çĕррисене тупма çук ĕнтĕ. Паллах, вĕсене пулас мăшăрсем кăна мар туянса пĕтернĕ ĕнтĕ. Моссовет хыпăнса ӳкнĕ, ювелир изделийĕсене норма тăрăх çеç сутма ирĕк панă. Чăн та, талонсем патнех çитеймен.

Суту-илӳ ӳпкелешет, сăлтавĕ те пурах: унăн заявкисене кăçал 89 процент çеç тивĕçтереççĕ. Российăри ювелир изделийĕсемпе суту-илӳ тăвакан пĕрлешӳ çирĕплетнĕ тăрăх, халăх унăн таварĕсене туянаймани пĕр икçĕр миллион тенке ларать.

Кам пĕлет, тен, вунă хут та ӳсĕ. Потребительсен шалти рынокĕ хаксем ӳснипе лăпланаймасть, хамăрăн хаклă таварсене вара эпир унăн стихийĕ витĕм кӳресрен тăрăшсах сыхлăпăр. Халлĕхе паха капăрлатмалли таварсене ытла та йӳнĕ хакпа сутаççĕ тесен те йăнăш пулмасть. Çавăнпа вĕсене нихçан курман пек урмăшса кайсах туянаççĕ.

Депутатсем вара çав хушăра пăшăрханаççĕ, суйлавçăсем вĕсене хаксене ӳстерме тăрăшнăшăн çеç ан айăплаччăр. Мĕнех, ку тĕлĕшпе çирĕп йĕркe пулин те, ытти енĕпе лăру-тăру пĕртте лайăхланмасть-çке. Пачах урăхла тесен те юрать.

Чăнлăха тупма пĕлни ытларах пуличчĕ пирĕн. Мĕн кирлипе кирлĕ маррине лайăхрах ăнланма пĕлни. Ун чухне черетсем кăштах сахалланнă пулĕччĕç.

В. ПЕТРУНЯ,
ТАСС тишкерӳçи.

---

*Шахмат шкулĕ*

# КОНКУРСА АКТИВЛĂ ХУТШĂНАР

**1-мĕш разрядри И. ЧЕРМАКОВ ертсе пырать.**

Пирĕн хаçат ирттерекен конкурса халлĕхе 29 шахматист хутшăнать. Вĕсенчен чылайăшĕ эпир сĕнекен задачăсене тĕрĕс шутлать. Красноармейски районĕнчи Çиреклĕри А. Лаврентьев, Канаш районĕнчи Чулкамака ялĕнче пурăнакан, 11-мĕш класра вĕренекен А. Евгеньев, Патăрьелĕнчи паллă спортсмен Я. Сорокин, Шупашкарти С. Галактионов, Патăрьел районĕнчи Ишлĕри шкул ачи Захар Никитин, Первомайскинчи вăтам шкулта вĕренекен Анатолий ...

...пе халĕ хăшпĕр хуласемпе районсенчи спорт комитечĕсем, профсоюзсен ДФСО совечĕсем, çавăн пекех вырăнти физкультура коллективĕсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Шахмат вăййине юратакансене паян çак задачăсене шутлама сĕнетпĕр:

5-мĕш задача

В. Сучков (Шупашкар) — 1990 ç.

Шуррисем выляма пуçласа, виççĕ куçса мат параççĕ.

6-мĕш задача

В. Сучков — 1990 ç.

...не чемпионат итогĕсемпе паллаштаратпăр. Çӳлерех асăннă Е. Андреев 13 очко пухма май пур çĕртен 12,5 очко пухнă. Шупашкарти К. Ефимов, 9,5 очко пухса, иккĕмĕш вырăн йышăннă. Ялти шахматистсен ăсталăхне те палăртмалла. Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Акчикассинчи А. Индряков водитель, 9 очко пухса, виççĕмĕш вырăн йышăнчĕ, пĕрремĕш разряд нормативне пурнăçларĕ. Çĕнтерӳçĕсем, çавăн пекех Шупашкарти Е. Гладков, Ф. Андриевский тата Çĕнĕ Шупашкарти Б. Северинов çичĕмĕш чемпионата хутшăнаççĕ.

Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Шĕнерпуçĕнчи В. Афанасьев та савăнтарчĕ. Вăл, 14 очко пухма май пур çĕртен 10,5 очко пухса, пĕрремĕш лигăра мала тухрĕ. Тăватă шахматист 10,5-шер очко пухнă; вĕсем — Çĕнĕ Шупашкарти А. Кубарев, Шупашкарти В. Чернов, Сĕнтĕрвăрринчи М. Герасимов тата Комсомольски районĕнчи Н. ...

---



---

## КАНАШ районĕнче

### Тупăш параççĕ

...рать. 1988 çулта çак цех 100 пин тенкĕ тупăш панă пулсан, пĕлтĕр çак кăтарту 400 пин тенкĕне çитнĕ.

### Кашни хуçалăхрах

...малли япаласем çителĕклĕ туяннă.

Шăхасан ялĕнчи çĕнĕ микрорайонта 140 ача валли ясли-сад туса лартнă.

### Наказа

риев нумай ĕçлеймерĕ строй-кăра, кĕсех ăна Çурçĕр тинĕс-çар Флотне илчĕç. Унтан таврăнсан, Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче слесарьте ĕçленĕ. Кайран икĕ çул хушши — «Молодой коммунист» хаçат редакцийĕнче литсотрудник. Çакăнтан пуçласа, хăйĕн кун-çулне тĕппипех литературăпа çыхăнтарать. Чăваш

çулсенче ... кăшкăлĕнет. Чун тивĕçĕ — кашнин хăйĕн, теççĕ халăхра. А. Дмитриев та чăваш литературипе культурине çершыв умне кăларас, çавăн пекех ытти халăхсен литературине чăваш халăхĕ патне çитерес тĕллевпе малти вырăна лартать. Хăйĕн пысăк тивĕçне тупать. кусару ... А. Дмитриев. Пиан ...

вара кашнинех çемçелĕ.

Чылай çул ĕнтĕ А. Дмитриев Писательсен союзĕ çумĕнчи куçарусăсен секцине ертсе пырать, Литфонд правленийĕн членĕ. 1987 султа ăна Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕн ятне панă.

Михаил СТАВСКИЙ.

## КАНАШ районĕнче

### Тупăш параççĕ

«Мир» колхозра хушма хуçалăхсем пысăк тупăш параççĕ. Хуçалăхăн кирпĕч завочĕ, акă, 1989 çулта пĕр миллион та 200 пин штук ытларах кирпĕч çапса кăларнă. Унăн заведующийĕ В. Е. Михайлов коллектив ĕçне пĕлсе йĕркелет. Кунта продукцие юнашарти ялсенче пурăнакансем те йышлăн туянаççĕ.

Колхозра полиэтилен пленкăран продукци туса кăларакан цех та ĕçлет. Ăна А. А. Тимофеев ертсе пырать. 1988 çулта çак цех 100 пин тенкĕ тупăш панă пулсан, пĕлтĕр çак кăтарту 400 пин тенкĕне çитнĕ.

### Кашни хуçалăхрах

Районти кашни колхозпа совхозрах çак пилĕкçуллăхра ача сачĕсемпе яслисем туса пĕтерсе хута яма тĕллев тытнă.

Çак кунсенче Вăтакас Татмăш ялĕнчи 90 вырăнлă ача сачĕ ĕçleме пуçлать. Икĕ хутлă илемлĕ çурта «Мир» колхоз вăйĕпе хуçалăхсем хушшинчи «Канашская» строительство организацийĕн коллективĕ хăпартнă. ДПМК строителĕсем ясли-сад патне çитиччен асфальт сарса çул тунă, колхоз ун валли тĕрлĕрен оборудованипе вылямалли япаласем çителĕклĕ туяннă.

Шăхасан ялĕнчи çĕнĕ микрорайонта 140 ача валли ясли-сад туса лартнă.

### Наказа пурнăçланă

Атнаш ялĕн варринче икĕ хутлă хăтлă çурт çĕкленнĕ. Ăна хуçалăхсем хушшинчи «Канашская» строительство организацийĕ кирпĕчрен туса лартнă. Заказчикĕ — Киров ячĕпе хисепленекен колхоз.

Кунта ялти Культура çурчĕпе библиотека вырнаçнă. Кино курмалли зал 200 вырăнлă, художество пултарулăх кружокĕсем валли те пӳлĕмсем çителĕклĕ. Çак çурта суйлавçăсен наказне пурнăçласа тунă.

В. ИЛЬДЕР.

## «Коммунизм ялавĕ—90»

# ÇЫРĂНСА ИЛМЕ ПУЛАТЬ

Редакцие çакнашкал çырусем килеççĕ: «Хаçат-журнал çырăнса илме уйăрса панă тĕп вăхăтра тĕрлĕ сăлтавсене пула хамăра килĕшекен изданисене киле çырăнса илме май тупаймарăмăр. Çав шутра «Коммунизм ялавĕсĕр» тăрса юлнисем те пур. Кăçал валли халĕ çырăнма пулать-ши ăна!»

Çакăн çинчен пĕлтеретпĕр: енчен те эсир пĕр-пĕр издание, çав шутра «Коммунизм ялавне», вăхăтра çырăнаймасăр юлнă тата ăна халĕ, çулталăк пуçлансассăн, кăçал валлиех çырăнса илесшĕн пулсан, нумай шухăшласа тăмасăр çыхăну уйрăмĕсене, «Союзпичет» агентствисене çул тытăр. Унта сирĕн кăмăлăра тивĕçтерме пултараççĕ. Тулĕк çакна шута илмелле: сăмахран, февральтен тытăнса çĕнĕ хаçат-журнал илсе тăрасшăн пулсан, январĕн 20-мĕшĕччен çырăнма ĕлкĕрмелле, урăхла каласан, çитес уйăх пуçланиччен вунă кун маларах çырăнмалла.

Хаçат хакĕ: çулталăка 7 тенкĕ те 80 пус, 11 уйăха — 7 тенкĕ те 15 пус, 10 уйăха — 6 тенкĕ те 50 пус, 9 уйăха — 5 тенкĕ те 85 пус (пĕр уйăха 65 пус).

Хаçат индексĕ — 54800.

«Коммунизм ялавĕ» çырăнса илĕр, вулăр!

# ХУТШĂНАР

## 1-мĕш разрядри И. ЧЕРМАКОВ ертсе пырать.

Пирĕн хаçат иртterекен конкурса халлĕхе 29 шахматист хутшăнать. Вĕсенчен чылайăшĕ эпир сĕнекен задачăсене тĕрĕс шутлать. Красноармейски районĕнчи Çиреклери А. Лаврентьев, Канаш районĕнчи Чулкамака ялĕнче пурăнакан, 11-мĕш класра вĕренекен А. Евгеньев, Патăрьелĕнчи паллă спортсмен Я. Сорокин, Шупашкарти С. Галактионов, Патăрьел районĕнчи Ишлĕри шкулĕнчи Захар Никитин, Первомайскинчи вăтам шкулта вĕренекен Анатолий Смирнов тĕрĕс ответсене пуриччен малтан ярса пачĕç.

Çырусенчен çакă курăнать: вăйлă шахматистсем Патăрьел, Етĕрне, Хĕрлĕ Чутай, Вăрмар, Красноармейски, Сĕнтĕрвăрри районĕсенче уйрăмах нумай. Шел пулин те, Шăмăршă, Муркаш, Шупашкар, Куславкка, Çĕрпӳ, Улатăр районĕсенчен «Шахмат шкулне» пĕр çыру та килмерĕ. Эппин, шахмат вăййи кашни районтах пĕр пек аталанмасть-ха. Çапла, ку тĕлĕшпе халĕ хăшпĕр хуласемпе районсенчи спорт комитечĕсем, профсоюзсен ДФСО совечĕсем, çавăн пекех вырăнти физкультура коллективĕсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Шахмат вăййине юратакансене паян çак задачăсене шутлама сĕнетпĕр:

**5-мĕш задача**

В. Сучков (Шупашкар) — 1990 ç.

Шуррисем выляма пуçласа, виççĕ куçса мат параççĕ.

**6-мĕш задача**

В. Сучков — 1990 ç.





Шуррисем выляма пуçлаççĕ те тăваттă куçса мат параççĕ.

Çак задачăсем пĕррремĕш хут пичетленеççĕ. Ответсене январĕн 30-мĕшĕччен кĕтетпĕр.

• • •

«Коммунизм ялавĕн» октябрьти кăларăмĕнчех эпир Çĕнĕ Шупашкарти Е. Андреев республикăн çыру çӳретсе иртterекен 6-мĕш чемпионатĕнче палăртнă срокчен çĕнтерни çинчен пĕлтернĕччĕ. Паян эпир шахмат вăййине юратакансене палăртмалла. Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Акчикассинчи А. Индряков водитель, 9 очко пухса, виççĕмĕш вырăн йышăнчĕ, пĕрремĕш разряд нормативне пурнăçларĕ. Çĕнтерӳçĕсем, çавăн пекех Шупашкарти Е. Гладков, Ф. Андриевский тата Çĕнĕ Шупашкарти Б. Северинов çиччĕмĕш чемпионата хутшăнаççĕ.

Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Шĕнерпуçĕнчи В. Афанасьев та савăнтарчĕ. Вăл, 14 очко пухма май пур çĕртен 10,5 очко пухса, пĕрремĕш лигăра мала тухрĕ. Тăватă шахматист 10,5-шер очко пухнă; вĕсем — Çĕнĕ Шупашкарти А. Кубарев, Шупашкарти В. Чернов, Сĕнтĕрвăрринчи М. Герасимов тата Комсомольски районĕнчи Н. Арсентьев. Шел пулин те, вĕсен Бергер коэффициенчĕ япăхрах. Çурма финалти ăмăртусенче Çĕнĕ Шупашкарти В. Матвеевпа Шупашкарти В. Архипов мала тухнă. Вĕсем пурте 7-мĕш чемпионатăн аслă лигинче ăмăртма право çĕнсе илнĕ. Çĕнĕ турнир февралĕн 23-мĕшĕнче пуçланать.

• • •

Çĕнетӳ тапхăрĕ манăçнă ятсене çиеле кăларать. Сĕнтĕрвăррисем, акă, пирĕн республикăн пĕрремĕш чемпионĕ пулнă Михаил Константинович Спекторскин таса ятне тавăрасшăн тăрăшса, ăна асăнса вăрман техникумĕн залĕнче январĕн 19—21 мĕшĕсенче I турнир иртtereççĕ. Çак ăмăртусене иккĕмĕш разрядран кĕçĕн мар кашни шахматист хутшăнма пултарать. Заявкăсене январĕн 17-мĕшĕччен Сĕнтĕрвăрринчи вăрман хуçалăх техникумĕн преподавателĕ М. И. Герасимов патне ярса парсан аванччĕ. Пулас турнир çинчен тĕплĕнрех 2-19-63 телефонпа (Сĕнтĕрвăрри) ыйтса пĕлме пулать.

## «СПОРТЛОТО» ТИРАЖĔ

Январĕн 14-мĕшĕнче «Спортлотон» 2-мĕш тиражĕ пулса иртнĕ. Унта çак номерсем вылянă:

45 номертен улттăшне паллă тумалли карточкăсем тăрăх — 8, 11, 29, 30, 32, 40.

36 номертен пиллĕкĕшне паллă тумалли карточкăсем тăрăх — 10, 15, 20, 23, 30.

(ТАСС).

Редактор А. П. КАЗАНОВ.



КИНО ОРГАНИЗАЦИЙĔСЕН РУКОВОДИТЕЛĔСЕНЕ ПĔЛСЕ ТАМА!

Чăваш республикинчи киновидеопĕрлешӳ çакăн çинчен пĕлтерет: çĕнĕрен регистрацилемен киноустановкăсене февралĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа кинофильмсемпе тивĕçтерме пăрахаççĕ.

## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем çапла пĕлтерчĕç: паян кăнтăрла пирĕн республикăра улшăнса тăракан пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, юр çумасть. Çил кăнтăр-хĕвелтухăç енчен 7—12 метр хĕвĕртлĕхпа вĕрет. Сывлăш температури республикăра 19 — 24 градус, Шупашкарта 20 — 22 градус сивĕ пулать.

Кун тăршшĕ — 7 сехет те 38 минут.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЫТЛАРИКУН, ЯНВАРĔН 16-МĔШĔ

ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — «Дубровский». Тăватӑ сериллĕ илемлĕ телефильм. 1 тата 2 серисем.
10.45 — Мультфильмсем.
11.10 — «Это было... было...».
11.25 — Ача - пăча сехечĕ (французла).
12.25 — Коллаж.
12.30 — Вăхăт.
13.00 — Сулçӳревçĕсен клубĕ.
15.30 — Концерт.
16.20 — Документлă телефильм.
16.45 — Философилле калаçусем.
17.30 — Çĕр çинчи ачасем мĕн çинчен юрлаççĕ.
18.30 — Вăхăт.
19.00 — Çамрăксен хыпарçи.
19.30 — И. Иванюк художникăн мастерскойĕнче.
19.55 — «Дубровский». Тăватă сериллĕ илемлĕ телефильм. 1 сери.
21.00 — Вăхăт.
21.30 — Çивĕч ыйтупа илнĕ интервью.
21.40 — Опереттăна айăплаççĕ.
22.50 — «Ах, Лев Иваныч, Лев Иваныч...». Документлă фильм премьери.
23.15 — Пирĕн парăмсем. 1-мĕш передача. — «Палех на перепутье».
23.45 — ТСН.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — «Владимир Соловьев. По поводу последних событий». Наукăллă - популярлă фильм.
8.35 — 11.05 — Вĕренӳ передачисем.
11.05 — Наукăллă - популярлă фильм.
11.35 — Вĕренӳ передачи.
12.05 — «Старый новый год». Илемлĕ телефильм. 1 сери.
13.15 — Документлă фильм.
13.40 — Ритмикăллă гимнастика.
14.10 — «Благочестивая Марта». Илемлĕ телефильм. 1 сери.
17.00 — Концерт. Воронежран.
17.30 — СССР Верховнăй Совечĕн членĕ Т. Н. Дудио çинчен.
18.00 — Ритмикăллă гимнастика.
18.30 — Вăхăт (сурдокуçарупа).
19.00 — «Туристские дороги Туркмении». Ашхабадран.
19.15 — Хоккей. СССР чемпионачĕ. ЦСКА — «Динамо» (Рига). 2 тата 3 тапхăрсем. Тăхтавра (19.50) — Ырă каç пултăр, ачасем!
20.45 — Республика кунĕ (Шуп.).
20.55 — Çамрăксем валли «Тантăшлăх». (Шуп.).
21.35 — «Цвет граната». Илемлĕ фильм.

## РАДИО

ЫТЛАРИКУН, ЯНВАРĔН 16-МĔШĔ

6.15 — «Столица курьерĕ». Шупашкар çыннисем валли. 6.30 — «Виç минутсăр çур сехет». Информаципе публицистика программи. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.25 — 7.30 — Пĕлтерӳсем. 16,30 — 17.30 — Классика музыкин сехечĕ (стерео). 18.00 — Çĕнĕ хыпарсем. 18.12 — Ачасем валли. В. Давыдов-Анатри. «Сатин кĕпе». 18.30 — Республика хыпарĕсем. 18.40 — «Он не мог иначе». Радиоочерк. Иккĕмĕш пай. 19.55 — Энергонадзор канашлать. 19.00 — 19.45 — Юлашки хыпарсем (М.) — 19.45 — Литература вулавĕ. Е. Еллиев. «Чĕлхесĕр Эрхип». Калав. 20.25 — 20.45 — Л. Новоселова произведенийĕсем.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 16-мĕшĕнче «Качча каяссăм килет» комеди, январĕн 17-мĕшĕнче «Каçар мана» драма премьери, январĕн 18-мĕшĕнче «Салампи» пьеса.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 16-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» драма, январĕн 17-мĕшĕнче «Черная роза — эмблема печали, красная роза — эмблема любви...» сочинени, январĕн 18-мĕшĕнче «Женский стол в «Охотничьем зале».

ЧĂВАШ ÇАМРĂКĔСЕН ТЕАТРĔ — январĕн 21-мĕшĕнче «Таркăн» мыскараллă инкек премьери, январĕн 22-мĕшĕнче «Юратма пĕлекенсем телейлĕ» лирикăллă драма премьери.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — январĕн 18-мĕшĕнче «Трубадур» опера, январĕн 19-мĕшĕнче «Порги и Бесс» балет.

Каçхи спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке». — 9.00, 15.00, 19.00; «Смиренное кладбище» — 13.00. Кĕрен зал: «Месть и закон» — 9.00, 12.00, 17.15, 20.10; «В крайнем случае я тебе ничего не скажу» — 15.00. Кинозал: «Приключения Квентина Дорварда, стрелка королевской гвардии» — 14.00, 15.45, 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — сборник мультфильмов — 9.00; «Однажды в Америке» — 10.15, 14.30, 18.40.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Брак с выходными днями» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «Полет навигатора» — 10.30, 12.30, 14.30, 16.30, 18.30, 20.30. Пĕчĕк зал: «Жизнь — явление космическое» — 9.00; «Полет навигатора» — 10.00, 11.00; «Жизнь по лимиту» — 12.00, 18.00; «Игла» — 16.00, 20.00.

«МИР» — «Полет навигатора» — 10.30, 14.00, 18.30; «На помощь, братцы!» — 9.00; «Женкина династия» — 12.15, 16.00, 20.30.


ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат гунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 33011. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 209.